ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Октябрь 18
ВЫРСАРНИКУН
№ 204 (9113)
Хакĕ 20 пус.
36-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



## Колхозсенчи пуçламăш парторганизацисен ертсе пырас рольне ÿстермелле

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен йышăннă постановлени совет çыннисем умне пысăк задачăсем кăларса тăратрĕ.

Пленум йышăннă постановление пурнăçлас ĕçре колхозсенчи пуçламăш парторганизацисем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Вĕсем колхозниксен вăйне мобилизацилесе, çĕнĕ çитĕнÿсем патне илсе пыраççĕ.

Юлашки вăхăтра колхозсенчи пуçламăш парторганизацисем чылай ÿссе çирĕпленчĕç, хуçалăх ыйтăвĕсем çине тĕплĕнрех пăхма, политикăлла ĕçе колхозсем умĕнче тăракан задачăсемпе çыхăнтарса ĕçлеме пуçларĕç. Коммунистсен авангардлă ролĕ ÿсрĕ.

Паянхи куна пирĕн республикăра 750 колхозри пуçламăш парторганизаци пур. Вĕсем 9.679 коммуниста пĕрлештерсе тăраççĕ. Коммунистсем ялхуçалăх производствинче малти ретре пырса, хăйсен кăтартуллă ĕçĕсемпе ытти колхозниксене хавхалантараççĕ. Нумай колхозсенчи пуçламăш организацисем хăйсен организаторла рольне ĕçре кăтартрĕç. Вĕсем партилле-организацилле тата партилле-политикăлла ĕçе кирлĕ пек йĕркелесе, колхозсен хуçалăхне ертсе пырассине лайăхлатрĕç. Пуçламăш парторганизацисем хăйсен пухăвĕсенче ялхуçалăх артелĕсен председателĕсен тата уйрăм ĕçсене ертсе пыракан коммунистсен ĕçĕсем çинчен час-часах сÿтсе ивакан пулчĕç. Парторганизацисем çитменлĕхсене уçса палăртса, вĕсене пĕтерсе пыраççĕ, кадрсене тĕрĕс суйласа ĕçе лартассине организацилеççĕ.

Пуçламăш парторганизацисем лайăх ертсе пыракан колхозсенче ялхуçалăх ĕçĕсем ăнăçлă пулса пыраççĕ. Ун пек колхозсенче тырпул туса илес, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç сулленех вăйланать, колхозсен хуçалăхĕ пуянланать. Сăмахран, Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизацие илер. Вăл 45 коммуниста пĕрлештерсе тăрать. Вĕсенчен 38 çын производствăра ĕçлеççĕ. Чылайăшĕ ответлă ĕçсем туса пыраççĕ. Коммунистсем общественнăй хуçалăха çирĕплетессишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ, паха тĕслĕхсем кăтартса пырса, ытти колхозниксене хавхалантараççĕ. Иртнĕ çулта кашни ĕçлеме пултаракан колхозник вăтам шутпа 270 ĕçкунĕ тунă, çав вăхăтрах коммунистсем кашни 330—492 ĕçкунĕ тунă.

Парторганизаци тĕрĕс ертсе пынипе Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз вĕсне вăхăтрах çирĕпленсе çитрĕ, нумай отраслĕллĕ хуçалăх пулса тăчĕ. Вăл тырпулпа выльăх-чĕрлĕхрен пысăк тупăш илет. Иртнĕ çулта артель 1.781.370 тенкĕ тупăш илнĕ. Колхозăн пайланман фончĕ 3 миллион тенкĕрен иртет.

Юлашки çулсенче пуçламăш парторганизацисене çирĕплетес тĕлĕшпе нумай ĕçсем туса ирттернĕ. Çапах та чылай колхозсенчи пуçламăш парторганизацисен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур-ха.

Пуçламăш парторганизацисем чылайăшĕ колхоз хуçалăхне ертсе пырассине çителĕксĕр туса пыраççĕ. Политикăлла-массăлла ĕçе кирлĕ пек йĕркелемеççĕ, колхозниксене политикăлла воспитани парасси çине тимлĕн пăхмаççĕ. Ун пек парторганизацисенче партилле-политикăлла ĕç колхозри хуçалăх задачисемпе таччăн çыхăнса пымасть.

Ялхуçалăхĕнчи хальхи тĕп задача тырпул тухăçлăхне, выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне малалла ÿстерсе пырасси пулать. Техникăлла культурăсем, пахча-çимĕçпе çĕрулми туса илессине ÿстермелле.

Çак задачăна пурнăçлама колхозсенчи пуçламăш парторганизацисен политикăлла тата организаторла ĕçĕсене лайăхлатмалла. Вĕсен колхозниксене умра тăракан пысăк ĕçсене пурнăçлама çĕклентерсе тата организацилесе пымалла. Уйрăмах кадрсене суйласа лартасси çине тимлĕн пăхмалла, ял ĕçлеме пыракан специалистсене ĕçлеме условисем туса памалла. Кадрсен ĕçри тата политикăлла пĕлÿлĕхне ÿстерессине организацилемелле.

Колхозсенчи пуçламăш организацисен ĕçне пур енчен те вăйлатма КПСС райкомĕсем пысăк пулăшу пама тивĕçлĕ. КПСС райкомĕсен, колхозсене уполномоченнăйсем янипе ертсе пырассине пăрахса кăларса, пуçламăш парторганизацисем урлă ертсе пырассине йĕркелемелле. Пуçламăш парторганизацисен организаторла тата массăсем хушшинчи политикăлла ĕçне вăйлатмалла. Çав тĕлĕшпе вĕсене куллен пулăшмалла.

Колхозсенчи пуçламăш организацисене ертсе пырас тĕлĕшпе КПСС Куславкка, Кувакино, Сĕнтĕр, Советски райкомĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Вĕсем парторганизацисен ĕçне тĕплĕн вĕренсе, вĕсен ĕç опытне пĕтĕçтерсе пымаççĕ. Бюро ларăвĕсемпе пленумсенче пуçламăш парторганизацисен партилле-организацилле тата партилле-политикăлла ĕçĕсем çинчен отчетсем сахал итлеççĕ, çавăнпа та чылай колхозсенчи парторганизацисем çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

Калас пулать, КПСС райкомĕсен работникĕсем колхозсенче час-часах пулаççĕ, анчах чылай чухне пуçламăш парторганизацисен ĕçне йĕркелеме тăрăшмаççĕ. Кăçал КПСС Советски райкомĕн секретарĕсем Русанов, Лодин, Альянов юлташсем тата райкомăн пайĕсен заведующийĕсем те «Герой» колхозра темиçе хутчен те пулнă, анчах унти парторганизацин ĕçне пĕри те тĕплĕн вĕренмен, çитменлĕхсене пĕтерме пулăшман. Çавăнпа та кунти парторганизаци япăх ĕçлет, контроль правипе усă курмасть.

КПСС райкомĕсен колхозсенчи пуçламăш парторганизацисене ертсе пырас ĕçе вăйлатмалла, малта пыракан организацисен опытне пĕтĕçтерсе сармалла. Коммунистсен пултарулăхĕпе пуçарулăхне ÿстермелле. Парторганизацисен куллехи ĕçĕ нумай енлĕ тата тĕплĕ пулса пытăр.

Пуçламăш парторганизацисен ертсе пырас рольне ÿстересси контроль правипе тĕрĕс усă курнинчен нумай килет. КПСС Уставĕ колхозри пуçламăш парторганизацисене колхоз правленисен ĕçне тĕрĕслесе тăма право панă. Çав правăпа кашни парторганизацин усă курмалла, колхоз правленийĕн ĕçне тĕрĕслесе тăрса, ĕçри çитменлĕхсене пĕтерсе пымалла.

Нумаях пулмасть пирĕн республикăри пуçламăш парторганизацисенче отчетпа суйлав пухăвĕсем пулса иртрĕç. Пуçламăш парторганизацисен секретарĕсен составĕ чылай улшăнчĕ. Çавăнпа та хальхи вăхăтра пуçламăш парторганизацисен секретарĕсене вĕрентессине йĕркелени питĕ кирлĕ. КПСС райкомĕсен пуçламăш парторганизаци секретарĕсен ялан ĕçлекен семинарĕсене организацилесе, секретарьсене партилле ĕçе туса пыма вĕрентни пуçламăш парторганизацисен ĕçне лайăхлатма пулăшĕ. Колхозсенчи пуçламăш парторганизацисен ĕçне лайăхлатни, вĕсен ертсе пырас рольне ÿстерни партин Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви ялхуçалăхĕ умне лартнă пысăк задачăсене хăвăртрах пурнăçлама май парĕ.

Ял ĕçченĕсем партипе правительство ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе йышăннă постановленисене хапăл туса йышăнчĕç. Вĕсем пысăк хавасланупа ĕçлесе çĕнĕ çитĕнÿсем туса пыраççĕ.

Пуçламăш парторганизацисен, ĕççыннисен çĕнĕ çĕкленĕвне анлăн сарса, кăçалхи ялхуçалăх çулне ăнăçлăн вĕçлессишĕн кĕрешмелле. Выльăх-чĕрлĕх валли кирлĕ таран витесем, утă-улăм тата ытти апатсем хатĕрлесе хăварсан, авăн çапса пĕтерсен, ялхуçалăх продукчĕсене государствăна памалли плана тултарсан КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановление пурнăçлас тĕлĕшпе пĕр утăм туни пулать.

★

## Кантăр вăрри хатĕрлемелли плана тултарнă

Муркаш районĕнчи колхозсем кăçал тухăçлă кантăр туса илнĕ. Чылай колхозсем кантăр çапса пĕтернĕ, çурăмĕсене шыва хутса кăларнă.

Районти нумай колхозсем государствăна кантăр вăрри парса татнă. Сталин ячĕпе тăракан, «Правда», «Красное Сормово», «Аврора», «Свобода» тата «Сталинец» колхозсем планран ирттерсе кантăр вăрри панă. Район республикăрачи малтан, октябрĕн 5-мĕшĕ тĕлне, кантăр вăрри хатĕрлемелли плана пурнăçланă.

Государствăна кантăр вăрри парса колхозсем пысăк тупăш илеççĕ. Планран ирттерсе панă кантăр вăрришĕн государство колхозсене хаклă тÿлет.

Районти колхозсем тылламан кантăра завода парас тĕлĕшпе те вăйлă ĕçлеççĕ. Сталин ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Андреев юлташ) пуса 200 центнер ытла панă.

## Выльăх-чĕрлĕх туянаççĕ

СĔРПУ. «Коммунизм» колхоз правленийĕ колхозниксене выльăх-чĕрлĕх туянма пулăшать. Колхоз пулăшнипе А. Макарова, З. Васильева колхозницăсем пăру, Ф. Сергеев, А. Васильев, М. Егорова колхозниксем путексем туянчĕç.

Выльăх-чĕрлĕх туянакан колхозниксем татах та пур.

# ТАВАН ÇĔРШЫВРА



Сталино облаçĕ Селидово районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз Сталино хулинчи ĕççыннисене валли выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем парса тăрать. Колхоз фермисенче 300 ĕне. сурăхсемпе сыснасем 2 пин ытла, чăхсемпе хурсем тата кăвакалсем 5 пин ытла усраççĕ. Выльăхсене çуллахи вăхăтра усрама лагерьсем тунă.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: ĕнесене усрамалли лагерьте.

С. ГЕНДЕЛЬМАН фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Малта пыракан предприятире

«Каучук» завод—Мускаври малта пыракан предприяти. Хими промышленность предприятийĕсем хушшинчи Пĕтĕм Союзри ăмăртура завод коллективĕ виççĕмĕш квартал кĕнтĕ пĕрмаях малти вырăна йышăнать.

Заводра мĕнпур рабочисем лайăх ĕçлекен рабочисем пек, лайăх ĕçлекен бригадăсем тата участоксем пек ĕçлемелле тăвассишĕн ăмăрту сарăлнă.

Сентябрь уйăхĕнче кашни рабочин ĕç тухăçлăхĕ июнь уйăхĕнчипе танлаштарсан 9,3 процент, пĕтĕм заводĕпе илсен—5,3 процент ÿснĕ.

Ăмăрту пуçланнă вăхăтра малта пыракан опыта вĕренмелли шкулсенче 75 çын кăна вĕреннĕ. Сентябрь уйăхĕ вĕçленнĕ тĕле çак шкулта вĕренекенсен шучĕ виçĕ хут ÿснĕ. Шкултан вĕренсе тухнă рабочисем продукци ытларах туса кăларма пуçланă.

Çитменлĕхсене, вăл шутра рабочисенчен хăйсенчен килмен çитменлĕхсене те, пĕтерес шутпа «самофотографи» текен меслетпе усă кураççĕ. Смена пынă вăхăтра рабочисем ятарласа хатĕрленĕ бланксем çине вăхăта ахаль çухатнине, материалсем ытлашши расходланине çырса пыраççĕ.

Пĕр цехра ирттернĕ «самофотографие» 100 çын ытла хутшăннă. Вĕсем брак пулнине пĕтерес, ĕç тухăçлăхне ÿстерес тата продукци пахалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе 75 паха сĕнÿ панă. Çак сĕнÿсенчен нумайăшне пурнăçа кĕртнĕ. Чумаров тата Налогина прессовщиксем панă сĕнĕве пурнăçлани çулталăк хушшинче 10 пин тенкĕ укça перекетлеме май парать. (ТАСС).



Измаил облаçĕ. Килия районĕнчи «Путь Ленина» ялхуçалăх артелĕнчи колхозниксем выльăхсене валли апат çителĕклĕ хатĕрлеме тăрăшаççĕ. Вĕсем планран ирттерсе 800 тонна выльăх апачĕ, вăл шутра 335 тонна силос хатĕрленĕ. Выльăхсене çитерме 200 тонна çĕрулми уйăрса хăвараççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: çĕрулмине хранилищене хума суйлаççĕ.

И. ДИАМЕНТ фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Пĕтĕм халăх уявĕ умĕн

### 10 уйăх планне тултарнă

МОЛОТОВ, октябрĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Хĕвеланăç Уралти нефтяниксем Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăртура çĕнĕ çитĕнÿсем тăваççĕ. Паян «Молотовнефть» пĕрлешĕвĕ нефть кăлармалли 10 уйăх планне срокчен тултарнă. Çулталăкри обязательствăсенчен ирттерсе нефть тасатакан заводсене темиçе пин тонна нефть ăсатнă.

Полазнински промыселра ĕçлекен нефтяниксем пысăк çитĕнÿ тунă. Вĕсем планран ирттерсе темиçе эшелон нефть кăларнă.

ГРОЗНЫЙ, октябрĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Паян «Грознефть» тресчĕ нефть кăлармалли 10 уйăх планне тултарнă.

Кунта нефть тăракан сийсем хушшине шыв тата газ кĕртсе нефть кăлармалли меслетпе анлăн усă кураççĕ.

«Гудермес» промыслинче ĕçлекенсем те 10 уйăх планĕнчен ирттерсе пиншер тонна нефть кăларнă.

## Апат-çимĕç таварĕсем туса кăларакан çĕнĕ предприятисем

ТБИЛИСИ, октябрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Грузире апат-çимĕç таварĕсем туса кăларакан предприятисем лартас тĕлĕшпе ĕçсем анлăн сарăлса пыраççĕ.

Кобулети, Махарадзе, Гегечкори, Галь районĕсенче тата ытти çĕрте те çĕнĕрен чей фабрикисем туса лартаççĕ. Хальхи вăхăтра 25 вырăнта чей фабрикисем тăваççĕ.

Эрех промышленноçĕ чылай вăйланать. Тбилиси çывăхĕнчи Авчала поселокĕнче коньяк туса кăларакан завод лартма тытăннă. Вăл республикăри чи пысăк завод пулать. Завод çулталăкне 200 пин декалитр коньяк туса кăларать. Кунтах пысăк пахалăхлă эрехсем туса кăларакан тепĕр завод туса лартаççĕ. Хальхи виноград совхозĕсене пысăклатаççĕ тата çĕнĕ совхозсем тăваççĕ.

Сăкăр пĕçерекен тата кондитерски изделисем туса кăларакан промышленность енĕпе те чылай çĕнĕ предприятисем тăваççĕ. Тбилисире механизациленĕ сăкăр завочĕ туса лартаççĕ. Унăн çумĕнче республикăри сăкăр завочĕсем валли квалификациллĕ кадрсем хатĕрлекен вĕрентÿ корпусĕ пулать. Тбилиси хулинчех кондитерски фабрика туса лартаççĕ. Вăл çулталăк хушшинче 12 пин çурă тонна тĕрлĕрен кондитерски изделисем туса кăларакан пулать.

## Тумтир çĕлесе кăларасси ÿсет

ТАШКЕНТ, октябрĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Узбекистанра Октябрь уявĕ умĕнхи социализмла ăмăртура Ташкентри «Красная заря» çĕвĕ фабрикин коллективĕ малта пырать. Коллектив продукци туса кăларассине ÿстерме тата продукци пахалăхне лайăхлатма обязательство йышăннă. Октябрь уйăхĕнче планран ирттерсе çĕршер пин тенкĕлĕх продукци туса кăларнă.

Фабрика çĕнĕ техникăпа пуянланса пырать. Механизаци вăйланни производствăна ÿстерме пулăшать. Материалсене касас тата якатас ĕçсене пĕтĕмпе тенĕ пекех механизацилесе çитернĕ. Тăваттăмĕш цехра çиччĕмĕш конвейер ĕçлеме пуçланă. Конвейер çинче питех те тухăçлă ĕçлекен машинăсем вырнаçтарса лартнă.

Кăçал çак вăхăт тĕлне «Красная заря» фабрика иртнĕ çулталăк хушшинче туса кăларнă чухлĕ яхăнах тумтир туса кăларнă.

## Карельски перешеекри колхозсенче

ЛЕНИНГРАД, октябрĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Облаçри промысла кооперацийĕн управленийĕ Карельски перешеекри колхозсем валли çуртсем туса памалли плана срокран икĕ уйăх çурă маларах тултарнă. Çĕнĕ çуртсене колхозсенче ĕçлеме куçса пыракан ялхуçалăх специалисчĕсем, трактористсем тата ыттисем вырнаçаççĕ.

Карельски перешеекри колхозсен çуртйĕр строительствине облаçри 13 организаци шеф йĕркипе хутшăнать. Вĕсем пурĕ 404 çурт туса панă. Çак çуртсен пурăнмалли лаптăкĕ 20 пин тăваткал метра яхăн. Хальхи вăхăтра татах 400 çурт тума тытăннă. Вăл çуртсене те кăçалах туса пĕтереççĕ.

## Çĕрулми пухса кĕртмелли комбайн

КУЙБЫШЕВ, октябрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Октябрĕн 15-мĕшĕнче Молотовски районти Сталин ячĕпе тăракан колхозра Куйбышеври механически завод туса кăларнă «ККР-2» комбайн мĕнле ĕçленине сăнама тытăннă. «ККР-2» комбайн—çĕрулми кăлармалли çĕнĕ машина.

Комбайн çĕрулмине кăларать, авринчен тата тăпраран тасатать, юлашкинчен карçинкăна тултарать. Вăл нумай çын тумалли ĕçе тăвать.

Заводра çĕнĕ машинăсем хăвăртрах туса кăларассишĕн социализмла ăмăрту вăйланса пырать. Пĕрремĕш комбайна 15 кун хушшинче туса пĕтернĕ. Халĕ тата 6 машина пухса хатĕрлемелле.

Заводра çак комбайна массăллăн туса кăларма хатĕрленеççĕ.

1954 çулта завод çĕрулми кăлармалли комбайнсем 5.000 туса кăларать.

## МТС-сем валли

Мускаври «Красный пролетарий» завод МТС-сем валли токарнăй станоксем туса хатĕрлет. Кăçал предприяти кун пек станоксем пĕр пин туса кăларнă.

Çулталăкра «Красный пролетарий» завод универсальнăй, токарнăй станоксем тата винт касакан станоксем 1.800 туса парать. (ТАСС).

## Республикăри хуласемпе район центрĕсенче

# Хĕрлĕ Чутай

Хĕрлĕ Чутай—авалхи ял. Вăл Кăрмăш уездĕнчи вулăс центрĕ пулнă, ĕлĕк ытти ялсенчен тÿпене кармашакан чиркĕвĕпе кăна уйрăлса тăнă. Чиркÿсĕр пуçне кунта усламçăсен лавккисем, вис-тăвата трактир пулнă. Фельдшер пунктĕнче пĕртен-пĕр фельдшер ĕçленĕ. Пункт çумĕнче чирлисене вырттарма 10 койка пулнă.

Совет влаçĕ çулĕсенче, район центрĕ пулса тăнă май, Хĕрлĕ Чутайра пысăк улшăнусем пулса иртнĕ.

Халĕ Хĕрлĕ Чутая кĕрсен чи малтан вăтам шкулăн икĕ хутлă çуртне асăрхатăн. Икĕ çуртне Совет влаçĕ çулĕсенче туса лартнă. Вăтам шкул—районта чи пысăкки. Кунти 39 класра пин ача ытла вĕренет, вĕсене 54 учитель вĕрентет.

Шкул çывăхĕнче районти культура çурчĕ вырнаçнă. Кунти зала 300 çын вырнаçать. Стационарлă киноустановка пур. Район центрĕнчи ĕççыннисем кашни кунах çĕнĕ кинокартинăсем курма пултараççĕ. Час-часах кунта служащисемпе ытти работниксен художествăлла пултарулăх кружокĕ концертсем парать. Республикăри театрсенчен те артистсем килеççĕ.

Культура çуртĕнче библиотека вырнаçнă. Унта 15 пин ытла кĕнеке шутланать. Библиотекăран районти пĕтĕм ĕççыннисем кĕнекесем илсе вулама пултараççĕ. Ситес вăхăтра ача-пăча валли ятарласа библиотека уçма палăртнă.

Районта халăх сывлăхĕшĕн кĕрешесси çултан-çул лайăхлансах пырать. Кунта амбулатори, ача çуратмалли çурт, больница пур.

Ĕлĕкхи фельдшер ĕмĕлсене Кăрмăшран е Етĕрнерен илсе килсе тăнă. Халĕ кирек мĕнле эмеле те кунти аптекăра хатĕрлеççĕ. Район центрĕнчи медицина учрежденийĕсенче ултă врач, техникумсенчен вĕренсе тухнă медицина работникĕсем вуншарăн шутланаççĕ. Медицина учрежденийĕсем çултан-çул çĕнĕ аппаратсемпе, приборсемпе, инструментсемпе пуянланса пыраççĕ. Кăçал рентген установкине вырнаçтăраççĕ. Аппаратура кÿрсе килнĕ.

Вырăнти промышленность колхозсемпе ĕççыннисене валли кирлĕ япаласем тăвать. Районти промышленность комбиначĕн мастерскойĕсенче тата промыслапа кооперации артелĕсен цехĕсенче сĕтел-пукан, урапа-çуна, кирпĕч туса кăлараççĕ, атă-пушмак, кĕпе-тумтир çĕлеççĕ, киввисене юсаççĕ. Апат-çимĕç комбиначĕ варени, премĕк, печени пĕçерет, пахча çимĕç типĕтет, пылак шывсем хатĕрлет.

Район центрĕн çурçĕр хĕвеланăç енче машина-трактор станцийĕ вырнаçнă. Хăватлă техникăпа колхоз хирĕсенчи мĕнпур ĕçсене 85—90 процент таран механизациленĕ. Станци çĕнĕ техникăпа пуянланса пырать.

ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановление пурнăçлани май кунта çитес çулсенче тракторсем юсамалли типовăй мастерской тума палăртнă. МТС-ра çавăн пекех комбайнсемпе ытти ялхуçалăх инвентарĕ валли икĕ сарай, рабочисемпе служащисем пурăнмалли çĕнĕ çурт туса лартмалла.

Кăçал район центрĕнче инкубатор станцийĕ ĕçлеме тытăнчĕ. Вăл сезонта 65 пин чĕпĕ кăларса парать.

Радиоузел урлă Мускавпа Шупашкар сасси район центрĕнчи мĕнпур килсене çаланать. Кăçал электростанци туса пĕтереççĕ. Вăл паракан электричество хăвачĕ район центрĕн сăн-питне тĕпренех улăштарать, ĕççыннисен пурнăçпа ĕçлă условийĕсене лайăхлатса илемлетет.

Район центрне малашне тата сарăлмалла. Çитес çулсенче кунта çупа сыр завочĕ ÿссе лармалла. Район центрне çавнашкалах ытти çĕнĕ çуртсем илем кÿрĕç. Ку шута районти библиотека, санитарипе эпидемиологи станци çурчĕсем кĕреççĕ. Урамсенче павильон-мастерскойсем пулаççĕ.

Райцентр урамĕсене илемлетес тĕлĕшпе кăçал чылай ĕçсем тума тытăннă: тротуарсемпе кĕперсене юсаççĕ, çĕнĕрен тăваççĕ, йывăçсем лартаççĕ.

Е. АФАНАСЬЕВ.
(Хамăр корр.).



УКЕРЧĔКСЕМ ÇИНЧЕ: район центрĕнчи учрежденисем вырнаçнă çурт (сулахайра). Вăтам шкул çурчĕ (сылтăмра).

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# КПСС райкомĕсен пленумĕсем

КПСС Красноармейски райкомĕн пленумĕнче Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн итогĕсем тата ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе районти парторганизаци умĕнче тăракан задачăсем çинчен парти райкомĕн секретарĕ А. Мустакова юлташ доклад турĕ.

Докладчик тата прение тухса калакансем партипе совет правительстви кулленех пулăшнипе районти колхозсем ялхуçалăхне аталантарас ĕçре хăшпĕр ÿсĕмсем тунине палăртрĕç. Чылай колхозсем тырпул, техникăлла культурăсен, çĕрулмине пахча çимĕçсен тухăçне чылай ÿстерчĕç. Выльăх-чĕрлĕх йышĕ вăрçăченхи шайран иртнĕ.

Куна пĕрлех пленум колхозсемпе МТС-а парти организацийĕсем ертсе пырас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пуррине уçса палăртрĕ.

Чылай колхозсем выльăхсенчен тупăш сахал илеççĕ. Ĕнесенчен сĕт суса илмелли плана кăçал «Красное Сормово» тата «Победа» колхозсем кăна пурнăçланă. Çичĕ колхозра ĕнесенчен иртнĕ çулхинчен те сахалрах сĕт суса илнĕ. Фермăсенче сăвакан ĕнесем сахал. Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ çавăн пек пĕчĕк пулни, чи малтанах, выльăх апачĕ çителĕклĕ хатĕрлеменнинчен килнĕ.

Чылай колхозсенче улăх-çаранесене юсас тĕлĕшпе ĕçлемеççĕ. Ĕнесене симĕс апатсемпе тăрантарассине «Красное Сормово» колхозсăр пуçне ниçта та йĕркелемен.

Пленумра выльăх-чĕрлĕх витисем çĕнĕрен тăвас, киввисене юсаса хĕле хатĕрлес ĕç çителĕксĕр пынине палăртрĕç. Районĕн строительство планне çулсеренех тултармасть, кăçал тума палăртнă ĕçсене çуррине яхăн кăна тунă.

Пленумра пулнисем выльăхсем валли хĕлле çитерме сĕтеклĕ апатсем ытларах хатĕрлеме кирли çинчен каларĕç.

— Эпир ĕнесенчен хĕлле те çуллахинчен кая мар сĕт суса илетпĕр,— терĕ райком членĕ, «Красное Сормово» колхоз председателĕ Г. Карташов юлташ.— Фермăри кашни ĕнене çитерме 5 тоннăран кая мар силос, 4 тонна çĕрулмипе кăшманесем хатĕрлетпĕр. Пирĕн колхоз ăратлă выльăхсем ÿстерет. Халĕ колхозсене ăратлă пăрусемпе сыснасем сутма пултаратпăр. Анчах районта колхозсене ăратлă выльăхсем сутас ĕçе йĕркелемен çук.

Ленин ячĕпе тăракан тата «Путь Ленина» колхозсен председателĕсем А. Киселева А. Зорин юлташсем КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ пулса иртнĕ хыççăн колхозсенче ялхуçалăхне малалла вăйлатассишĕн кĕрешÿ анлăн сарăлни, çак кĕрешÿре парторганизацисем уй-хир ĕçченĕсене пурне те хутшăнтарни çинчен каларĕç, паха сĕнÿсем пачĕç. Çавăн пекех вĕсем районти тата республикăри хăшпĕр организацисемпе ертсе пыракан работниксене çĕнĕлле ĕçлеме тытăнманшăн критиклерĕç.

— Пирĕн колхоз,— терĕ Киселев юлташ,— октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана пур енĕпе те тултарчĕ. Халĕ эпир 700 пуç кайăк-кĕшĕк, 130 пуç сурăх, ытти выльăхсем чылай сутма пултаратпăр. Пирĕн пек тăвасшăн колхозсем тата та пур. Анчах хатĕрлев работникĕсемпе суту-илÿ организацийĕсем çĕнĕ хакпа продуктсем сутăн илес ĕçе йĕркелемеççĕ.

Зорин юлташ республикăри Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине колхозсем валли удобренисем, фермăсене механизацилемелли машинăсем илсе килсе сутас ĕçе ертсе пыманшăн критиклерĕ.

Пленумра пулнисем парти райкомĕпе район Совечĕн исполкомĕ МТС-а çителĕксĕр ертсе пынăшăн критиклерĕç. Машинăсемпе тракторсен паркĕ ÿссе пырать, механизаторсем çитмеççĕ. Механизаторсене вĕрентсе воспитани парас ĕç кирлĕ пек пулса пымасть. Хăшпĕр механизаторсем техникăна лайăх пĕлмеççĕ, çавна пула механизмсемпе туллин усă курмаççĕ.

КПСС райкомĕн пленумĕ колхозсенче ялхуçалăхне малалла аталантармалли майсене палăртрĕ.

Н. ОРЛОВ.

* * *

Октябрĕн 15-мĕшĕнче КПСС Ишлей райкомĕн пленумĕ пулса иртрĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн итогĕсем тата ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе районти парти организацийĕ умĕнче тăракан задачăсем çинчен КПСС райкомĕн секретарĕ В. Дмитриев юлташ доклад туса пачĕ.

— Партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановленире каларса тăратнă задачăсене пурнăçласа,—тет докладчик,— район выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана лашасем енĕпе 105,4 процент, мăйракаллă шултра выльăхсем енĕпе 101,2 процент, сыснасем енĕпе 126,4 процент, сурăхсем енĕпе 102 процент тултарчĕ. Çавăн пекех район выльăх-чĕрлĕх витисем тума панă задание те пурнăçларĕ.

Докладчикпа прения тухса каланă юлташсем ĕçри çитменлĕхсене уçса палăртрĕç. Уйрăм колхозсенче сăвакан ĕнесен, сыснасен, сурăхсен, чăх-чĕпсен тата лашасен шучĕ чылай чакнă. Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ те пĕчĕк. Ĕнесенчен сĕт суса илме панă кăçалхи плана районти 36 колхозран «Знамя труда», «Урожай», «Коминтерн» «За коммунизм» колхозсем çеç тултарнă. Ворошилов ячĕпе, Маленков ячĕпе тăракан, «Активист», «Знамя» колхозсенче кашни ĕнерен пурĕ те 357—423-шер литр çеç сĕт суса илнĕ. Сыснасемпе сурăхсенчен, чăх-чĕпрен тупăш сахал илнĕ. Район кайăк-кĕшĕк ĕрчетмелли задание пурĕ те 78 процент, мăйракаллă шултра выльăх фермисенче ĕнесем усрамалли плана 88,2 процент çеç тултарнă.

Пленумра Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Херсонов юлташ колхозниксем хăйсен артелĕ юлса пынине пĕтерес тĕлĕшпе кăçал палăл ÿсĕмсем туни çинчен каласа пачĕ. Артель, 1951—1952 çулсенчиçе танлаштарсан, кăçал тырпул тухăçлăхне 2,5 хут ÿстернĕ, вăтам шутпа кашни гектартан 14 центнер ытла тырă туса илнĕ, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана тултарнă, кăçал ĕнесенчен, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 10 пин литр ытларах сĕт суса илнĕ, пахча çимĕçсем туса илессине те лайăхлатнă. Партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн постановленине сÿтсе явнă хыççăн колхозниксем çĕнĕ обязательствăсем илнĕ, колхоза пур енĕпе те кăтартуллă колхоз тума задача кăларса тăратнă.

— Анчах çак ĕçре пире МТС дирекцийĕпе КПСС райкомĕ тивĕçлĕ пулăшу памаççĕ-ха,— тет Херсонов юлташ.— Парти райкомĕн инструкторĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем колхозра пулмаççĕ. Колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ Соловьев юлташ та колхоз производствипе интересленмест.

Ленин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Е. Кудряшов юлташ районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн строительство пайне колхозри строительство ĕçĕсене ертсе пыманшăн критиклерĕ. Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн хатĕрлев пайĕн начальникĕ А. Андреев юлташ государствăна ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлесе парас тата сутас тĕлĕшпе район юлса пыни çинчен каларĕ. Райсоюзпа унăн хатĕрлев кантурĕ ку ĕçе кирлĕ пек туса пымаççĕ.

Пленум районти ялхуçалăхне малалла аталантарса пыма тĕплĕ решени йышăнчĕ.

В. ЧЕРНОВ.

Республикăри çĕнĕ стройкăсенче

# ШУПАШКАРТИ ПИР-АВĂР КОМБИНАЧĔ

Вăрçă хыççăнхи çулсенче çĕршывра халăха кирлĕ таварсем туса кăларакан çĕнĕ фабрикăсемпе заводсем лартас ĕç анлă сарăлчĕ. Партипе правительство халăх ырлăхĕшĕн мĕн тери тăрăшнине Шупашкарти пир-авăр комбинатне тума нумай оборудовани, материалсем, укçатенкĕ уйăрса паннинчен лайăх курма пулать. Производство çурчĕсемпе пурăнмалли çуртсем, коллективăн йăла ыйтăвĕсене тивĕçтермелли çуртсем, культура учрежденийĕсем лартма комбината 171 гектар çĕр уйăрса панă.

Çип арлакан фабрика валли 167.450 кубометр пысăкăш çурт туса лартнă. Фабрика çурчĕ мĕн тери пысăккине çакăнтан курма пулать: санитари норми тăрăх, кашни çынна 27 кубометр чухлĕ пурăнмалли çурт кирлĕ. Çапла вара, çип арлакан фабрика çуртĕнче 6 пин çын ытла вырнаçтарма май пур. Пир тĕртекен фабрика валли 185 метр тăршшĕ, 124 метр сарлакăш пĕр хутлă çурт лартнă.

Рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем валли çĕнĕ поселок лартнă. Халĕ унта икĕ-виçĕ хутлă çуртсем пурĕ 27. Çав çуртсенче нумай çын пурăнать. Рабочисен поселокĕнче тата темиçе çурт лартаççĕ. Малашне тăват-пилĕкшер хутлă çуртсем тума тытăнаççĕ. Пысăк çуртсене пăсла ăшăтма палăртнă. Унта канализаци, вĕри шыв, электричество, телефон, радио пулать. Ленинградски урампа Володарски урамра 89 хваттерлĕ çурт лартма тытăнаççĕ. Çав çуртра ача-пăчана кирлĕ таварсем сутакан магазин, почта, 100 ача вырнаçмалăх ача сачĕ пулать. Кун пек пысăк çурт пирĕн республикăра халиччен пулман-ха. Проект тăрăх, культурăпа йăла учрежденийĕсем нумай лартмалла. Рабочисен поселокĕнче шкулсем, амбулатори, мунча, прачечнăй, клуб, столовăй, ача çуратмалли çурт тата ыттисем те пулаççĕ. Кунта 880 ача вĕренмелĕх шкул туса лартнă. 100 ача вырнаçакан ача сачĕ пур, кăçал çавăн пек тепĕр сад, 110 ача вырнаçмалăх ача ясли туса пĕтереççĕ. Магазинсем уçнă. Çитес вăхăтра çăкăр заводне туса пĕтереççĕ. Вăл талăкра 25 тонна çăкăр тата булкăсем пĕçерсе кăларма пултарать. Аста кадрсем вĕрентсе хатĕрлеме ятарласа пир-авăр техникумĕ уçнă, ун валли çĕнĕ çурт тата студентсем валли общежити лартнă.

Комбината тата рабочисен поселокне электричество энергийĕ, пăс тата шыв нумай кирлĕ пулать. Çавна май пысăк ĕçсем тума тивет. Халĕ станоксемпе машинăсем, тĕрлĕ материалсем комбината килсе тăраççĕ.

Комбината тума ятарласа трест организациленĕ. Унăн кучухнехи хăватлă машинăсемпе механизмсем нумай. Çĕр чавса кăпалама экскаваторсем, бульдозерсем, скреперсем туяннă. Хăма çуракан, тĕрлĕ детальсем туса кăларакан, бетон хатĕрлекен предприятисем пур. Кунĕн-çĕрĕн автомашинăсемпе, баржăсемпе тĕрлĕ материалсем кÿрсе килеççĕ. Нумай хутлă çуртсем тунă çĕрте башеннăй крансемпе, транспортерсемпе тата ытти механизмсемпе усă кураççĕ. «Легпромстройăн» 11-мĕш тресчĕсĕр пуçне, комбината тунă çĕрте ытти трестсен — «Текстильмонтаж» тресчĕн, «Сантехмонтаж» тресчĕн участокĕсем тата «Ростглавхлеб» треста пăхăнса тăракан Хусанти ремонтпа монтаж кантурĕ ĕçлеççĕ. Вĕсене хăйсене шанса панă ĕçе тума ăста кадрсем тата хăватлă техника çителĕклĕ уйăрса панă. Пысăк çуртсем лартма вырăнти материалсем, уйрăмах кирпĕч нумай кирлĕ. Çавна шута илсе, комбинат Ивановăри кирпĕч заводне çĕнетсе пысăклатма чылай укçа-тенкĕ хывать, оборудовани уйăрса парать.

Халĕ кирек хăш участока пырсан та хĕрÿллĕ ĕç вĕресе тăнине куратăн. Строительсем хăватлă техникăна татти-сыпписĕр ĕçлеттерессишĕн, çуртсене хăвăртрах туса пĕтерессишĕн, машинăсене вăхăтра вырнаçтарса лартассишĕн, материалсем перекетлессишĕн пĕр-пĕрнипе ăмăртаççĕ.

Техникăлла проект тăрăх, çип арлакан фабрикăра 113.632 йĕке вырнаçтарса лартмалла. Халлĕхе 65.552 йĕке вырнаçтарса çитернĕ. Çак фабрика çулталăкра 56.640 центнер çип арласа кăлармалла. Вăл комбинатăн пир тĕртекен фабрикине çеç мар, Çĕрпÿри тата Сĕнтĕрти пир-авăр фабрикисене те çип парса тăмалла. Кунсăр пуçне республика тулашĕнчи фабрикăсене çулталăкра 16.720 центнер çип ăсатмалла.

Пир тĕртекен фабрикăра 2.376 станок пулать. Вĕсем çулталăкра вуншар миллион метр катан пир тĕртсе кăларма пултараççĕ. Халлĕхе 64 станока вырнаçтарса лартса çитереççĕ. Çĕнĕ çулччен пурĕ 400 станок ĕçе хатĕр пулать. Комбинатра катан пире шуратса пĕветмелли тата илемлетмелли фабрика пулать. Ку фабрикăра Çĕрпÿри, Сĕнтĕрти фабрикăсем тата Тутар республикинчи фабрикăсем тĕртсе кăларакан катан пире те шуратса пĕветме палăртнă. Комбинат тĕрлĕ йышши пир-авăр: миткаль, канифас, сатин, плетенка, тулăртин çулталăкра 38 миллион та 863 пин метр туса кăлармалла.

Фабрикăсенче пур ĕçе те механизацилеççĕ. Çип арлакан фабрикăна çĕр мамăкне складран электрокарăсемпе турттарса пыраççĕ. Ку фабрика çурчĕ темиçе хутлă. Çурма фабрикатсене пĕр хутран тепĕр хута турттарма подъемниксем лартнă. Арласа кăларнă çипе пир тĕртекен фабрикăна конвейер тăрăх турттармалла тăваççĕ. Пир тĕртекен фабрикăпа шуратса пĕветекен фабрика хушшинче тата тĕрлĕ цехсемпе складсем хушшинче ансăр чугун çул юпписем пулаççĕ.

Комбинат çурчĕсене санитари нормисем тăрăх, наукăпа техникăн чи çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе усă курса тăваççĕ. Хамăр çĕршыври, çавăн пекех тĕнчери пĕтĕм пир-авăр промышленноçĕнче мĕнле паха тĕслĕхсем пур—вĕсемпе пуринпе те кунта усă кураççĕ. Цехсенче чутăн пекех сутă. Каçхине электричество ламписем çунаççĕ. Кашни цехра, участокра хăватлă вентиляторсем пулаççĕ. Пир тĕртекен фабрикăра çипе нÿрлетмелли машинăсем лартаççĕ, мĕншĕн тесен типĕ çип чăтăмлă мар, час татăлать. Çип арлакан тата пир тĕртекен цехсенче температурăна тата сывлăшри нÿрлĕхе йĕркелесе тăма ятарласа автоматсем лартаççĕ.

Комбинатра ремонтпа механически мастерской пулать. Унта чугун шăратакан тата тĕрлĕ детальсем туса кăларакан цехсем тума палăртнă. Атăл хĕрринче баржăсемпе суднăсем тăратма комбината ятарласа вырăн уйăрса пареççĕ. Унта грузсене тиесе пушатмалли механизмсем пулаççĕ.

Смета тăрăх, комбинатăн пĕрремĕш черетне тума пурĕ 195 миллион тенкĕ, вăл шутра пурăнмалли çуртсем тума 17,4 миллион тенкĕ хывмалла. Малашне комбинатăн иккĕмĕш черетне лартма тытăнаççĕ. Хальхи пек çип арлакан, пир тĕртекен фабрикăсем тата ытти çуртсем çĕнĕрен лартма тивет. Çапла вара пирĕн республика столицинче çĕршыври пир-авăр промышленноçĕнчи пысăк комбинатсенчен пĕри ÿссе ларать. Пир-авăр комбиначĕпе юнашар трикотажнăй пысăк комбинат лартма палăртнă. Халиччен республикăри халăх валли пусма тавар инçетрен кÿрсе килнĕ. Комбината пĕтĕмпех туса пĕтерсе ĕçе ярсан, Шупашкартан çĕршывăн тĕрлĕ хулисене çулсерен миллионшар метр илемлĕ сатин, миткаль т. ыт. те ăсатĕç.

Комбинат çурчĕсене тума, оборудованине вырнаçтарса лартма тата производствăра ĕçлеме пиншер рабочи, çĕршер инженерсемпе техниксем, мастерсем кирлĕ. Кадрсем вĕрентсе хатĕрлеме çулсерен укçатенкĕ нумай расходлаççĕ. 1952 çулхи декабрь уйăхĕнче ăста рабочисем вĕрентсе хатĕрлеме ятарласа ФЗУ шкулĕ уçнă. Унта халĕ 105 çын вĕренет. Вĕсем октябрь тата ноябрь уйăхĕсенче вĕренсе тухаççĕ. Мастер помощникĕсене чылайăшне Барнаулти тата Сталинабадри комбинатсенче вĕрентсе хатĕрленĕ. Çип арлакан фабрикăра стахановла шкулсем, тĕрлĕ курссем организацинĕ. Унта çĕршер çын хăйсен квалификацине ÿстерчĕ. Кăçал Ковалев инженер мешечĕпе 1.026 çынна вĕрентнĕ. Çĕршыври малта пыракан предприятисен тата производство новаторĕсен опычĕпе паллашма вуншар стахановеца Мускава, Ленинграда тата ытти хуласене командировкăна янă. Çавăн пек организацилле ĕçсем туса иртеррине пула, комбинатра пуçарулă, чи малта тăракан техникăна алла илнĕ коллектив ÿссе çитĕнчĕ.

Çип арлакан фабрика çулталăкра яхăн ĕнтĕ продукци туса кăларать. Фабрика коллективĕ 1953 çулхи производство планне срокчен тултарассишĕн, çип пахалăхне лайăхлатассишĕн кĕрешет. Иккĕмĕш кварталта комбинат планран иртерсе 740 центнер çип арласа кăларчĕ. Тăхăр уйăх хушшинче чылай укçа, çĕр мамăкĕ, электроэнерги перекетленĕ.

Коллективăн пуçарулăхĕпе пултарулăхĕ вăйланса пынине кăтартакан тĕслĕхсем тата нумай. Кăçал рабочисем, инженерсемпе техниксем тата мастерсем 72 рационализаторла сĕнÿ пачĕç. Вĕсенчен чылайăшне пурнăçа кĕртнĕ. Çав сĕнÿсем çулталăкра 185 пин тенкĕ укçа перекетлеме май параççĕ. Мастер помощникĕ Чиберов юлташ ĕçре пĕрмаях паха тĕслĕхсем кăтартать. Лайăх ĕçленĕ вăхăтрах вăл пир-авăр техникумĕн каçхи уйрăмĕнче III-мĕш курсра вĕренет. Сапожникова ровничница, çип арлакан Еркина, Колпакова мотальщица ĕç нормине 130—135 процент таран тултарса пыраççĕ.

Шупашкарти пир-авăр комбинатне лартма çĕршыври чылай предприятисем пулăшаççĕ. Мускаври, Ленинградри, Ташкентри, Пензăри машинăсем тăвакан заводсем çип арламалли тата пир тĕртмелли станоксем нумай ярса параççĕ. Вольск, Новосибирск хулисенчен цемент, Уралтан—тимĕр, хурçă, трубасем т. ыт. те куллен вагонĕ-вагонĕпе килсе тăрать. Тутар республики паха чул, грави, Мари республики—пĕрене нумай тăратаççĕ. Мускав, Иваново, Серпухов хулисенчи аслă шкулсемпе техникумсенче вĕренсе тухнă тата тĕрлĕ комбинатсенче ĕçленĕ специалистсем çамрăксене техникăна алла илме, технологи процесне тĕрĕс йĕркелеме пулăшаççĕ.

Парторганизаци ертсе пынипе пир-авăр комбиначĕн коллективĕ умра тăракан задачăсене чыслă пурнăçласа пырать, ĕççыннисем валли паха продукци ытларах туса кăларма тăрăшать.



УКЕРЧЕК ÇИНЧЕ: пир-авăр комбиначĕ. Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

Ленинла-сталинла наци политикине пурнăçласа пырса, пирĕн республикăра, аслă вырăс халăхĕ пулăшнипе, пысăк фабрикăсемпе заводсем туса лартнă. Çав предприятисенче рабочисен, инженерсемпе техниксен нумай йышлă кадрĕсем ÿссе çитĕнчĕç. Республика экономикине хăвăрт аталанать, чăваш халăхĕн пурнăçĕ лайăхланать, культури ÿсет.

В. АНТОНОВ,
пир-авăр комбиначĕн строительство пайĕн начальникĕ.

# Ертсе пырас ĕçри тĕп принцип

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ парти организацийĕсен колхозсене, МТС-семпе совхозсене ертсе пырас ĕçне лайăхлатмалли мерăсене палăртрĕ. Халĕ тĕп задача çакăнта пулать: массăсен творчествăлла пуçарулăхне тата анлăрах сарса ямалла, мĕнпур вăйсемпе майсене ĕçе кĕртмелле, колхозсемпе МТС-сене тата совхозсене хăватлăн малалла аталантармалла. Çак пысăк та хисеплĕ задачăсене пурнăçлама парторганизацисене пĕлсе ертсе пыни кирлĕ. Пĕлсе ертсе пырасси вара—коллективлăн ертсе пымаллине пĕлтерет.

Коллективлăн ертсе пырас принцип парти комитечĕн мĕнпур членĕсен пĕлÿлĕхне, пуçарулăхне тата опытне пĕтĕçтерме хушать. Парти комитетĕнче чи пултаруллă, политика тĕлĕшĕнчен лайăх хатĕрленнĕ, тĕрлĕ участоксенче ĕçлекен коммунистсем тăраççĕ. Партилле руководствăра чăн-чăн коллективлăх пулсан, комитетăн кашни членĕ уйрăм çынсен йăнăшĕсене тÿрлетме, хăйĕн опытне каласа пама пултарать. Çапла туни ыйтусене пĕлсе тата нумай çынсен опытне шута илсе, тĕрĕс татса пама май парать.

Руководствăра коллективлăх пултăр тесен, парти комитечĕсен пленумĕсене вăхăтра пухса иртермелле. КПСС Уставĕ партин хулисенчи тата районсенчи комитечĕсен пленумĕсене уйăхра пĕрер хутран кая мар иртерме хушать. Партин Елчĕк райкомĕ пленумсем иртерес ĕçре нормăсене çирĕп тытса пырать. Райком пленумĕсем кашни уйăхрах пулса иртеççĕ. Пленумра сÿтсе явмалли ыйтусене яланах райком бюровĕ пăхса тухать. Бюро çавăн пекех докладчиксене те çирĕплетет. Пленум пуличчен пилĕк кун малтан эпир кун çинчен райком членĕсемпе райком членĕсен кандидачĕсене тата ревизи комиссийĕн членĕсене пĕлтерсе хуратпăр. Пленум актив пухăвĕ е канашлу евĕрлĕ ан иртнĕр тесе тăрăшатпăр.

«Районти парти организацийĕнче коммунистсемпе кадрсене политикăлла воспитани парас ĕç мĕнле тăни çинчен тата ăна лайăхлатмалли майсем çинчен» сÿтсе явнă пленумра 11 çын тухса каласрĕ. Вĕсенчен 10-шĕ—КПСС райкомĕн членĕсем. МТС-ри пуçламăш парторганизаци ĕçĕсем çинчен сÿтсе явнă чухне парторганизаци секретарĕн доклачĕ тăрăх прение 12 çын тухса каласрĕ. Çавăн пекех ытти ыйтусене сÿтсе явнă чухне те пленумра КПСС райкомĕн членĕсемпе райком членĕн кандидачĕсем ытларах тухса калаççĕ.

Сăмахран, райком членĕсем А. Жирнов, А. Муратов, Е. Васильева, Г. Тябуков юлташсем пленумсенче активлă тухса калаççĕ.

Анчах, калас пулать, КПСС райкомĕ хăйĕн мĕнпур членĕсене тата райком членĕсен кандидачĕсене пленумра активлă тухса каласма вĕрентсе çитереймен-ха. КПСС райкомĕн хăшпĕр членĕсем тата райком членĕсен кандидачĕсем пленумра сÿтсе явакан ыйту тăрăх питĕ сайра тухса калаççĕ. Çĕнĕ Пăвари библиотека заведующийĕ В. Наумов, Крупская ячĕпе тăракан колхоз председателĕ В. Дмитриев, Хăвăл Сырма ял Совет исполкомĕн председателĕ Н. Парамонова юлташсем пленумра партиă ыйтусене сÿтсе явас ĕçе хутшăнмаççĕ. Вĕсем районти парторганизаци умĕнчи хăйсен ответлăхне çинчен манаççĕ. Унтан та ытларах, КПСС райкомĕн уйрăм членĕсем (И. Федоров) хăшпĕр пленумсене пачах пымаççĕ.

Пленум ĕçĕнчи тепĕр çитменлĕх вăл—вырăнсенчен килекен хăшпĕр юлташсем час-часах хăйсен ĕçĕсем çинчен кăна отчет туни, парти, совет тата хуçалăх организацийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене çителĕксĕр критиклени пулса тăрать.

Пленума хатĕрленес ĕçе райком хăйĕн аппаратĕнчи работниксене кăна хутшăнтарни те парти райкомĕн ĕçĕнчи çитменлĕх пулса тăрать. Райком составĕнче тĕрлĕрен профессиллĕ çынсем тăраççĕ. Пленума лартмалли ыйтусене хатĕрлес ĕçе вĕсене активлăрах хутшăнтарни ĕçре пысăк пулăшу панă пулĕччĕ. Эпир хамăр ĕçре çак пысăк çитменлĕхе пĕтерсе пыратпăр.

КПСС райкомĕн членĕсем ĕççыннисем хушшинчи массăлла-политикăлла ĕçе активлă хутшăнаççĕ. Парти райкомĕн 43 членĕнчен тата 13 кандидатĕнчен 28 çын КПСС райкомĕн штатра тăман лекторĕсемпе докладчикĕсем пулса тăраççĕ. Вĕсенчен пысăк пайĕ хăйсене шанса панă ĕçе тивĕçлипе туса пырать. Сăмахран, Н. Гаврилов, Д. Тимофеев, Е. Васильева, Н. Московский юлташсем кăçал ĕççыннисем валли 8-шар доклад туса панă. Çав вăхăтрах Р. Михеев, Н. Анисимов юлташсем пурĕ те 2—3-шар доклад кăна тунă. КПСС райкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕ партилле порученисене кам мĕнле пурнăçланине сахал контроллесе тăрать. КПСС райкомĕ çак çитменлĕхсене те пĕтерсе пырать.

Партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ ялхуçалăхне малалла аталантарас ĕçре колхозсенчи, МТС-сенчи тата совхозсенчи пуçламăш парторганизацисен рольне ÿстерме хушать. КПСС Уставĕ колхозсенчи парти организацийĕсене правлени ĕçне контроллесе тăмалли право панă. Çакă вăл парторганизацие колхозăн пĕтĕм пурнăçне активлăн хутшăнма, унăн экономикине таранăн пĕлме тата колхоз производствин ответлă участокĕсене тăтăшах сăнаса тăма, коммунистсемпе комсомолецсене ĕçе тĕрĕс вырнаçтарса тухма хушать.

Пуçламăш парторганизацин пухăвĕсене тата бюро ларăвĕсене вăхăтра иртторни коллективлă руководствăн тĕп принципĕсене пурнăçласа пыни пулать. Партин пуçламăш организацийĕн аслă органĕ—парти пухăвĕ пулса тăрать, ăна уйăхра пĕр хутран кая мар пухаççĕ. Парти пухăвĕсенче партилле-политикăлла тата организацилле ыйтусене, вырăнти пурнăç ыйтăвĕсене анлăн сÿтсе явмалла, унта хăюллăн критикăлама мĕнпур майсене туса памалла.

Пуçламăш парторганизацисем пухусене лайăх хатĕрленсе иртерсен тата ĕçри коллективлăх принципне çирĕп тытса пырсан, партин шалти ĕçĕ чылай çÿлĕ пусăма çĕкленет, хуçалăхла-политикăлла задачăсем ăнăçлăрах пурнăçланса пыраççĕ. Ку тĕлĕшпе Ворошилов ячĕпе, Ленин ячĕпе, Свердлов ячĕпе, Максим Горький ячĕпе тăракан колхозсенчи парторганизацисене лайăх енчен палăртмалла. Вĕсенче парти пухăвĕсене вăхăтра, çÿлĕ шайра иртереççĕ. Пуçламăш парторганизацисем коммунистсен активлăхне ÿстерсе пыни колхозсен ĕçĕнче лайăх курăнать. Вăл колхозсен ялхуçалăх ĕçĕсене ăнăçлă туса пыраççĕ, обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре çитĕнÿсем тăваççĕ, государство умĕнчи парăмсене вăхăтра татса пыраççĕ.

Анчах та парти пухăвĕсене иртересси районти хăшпĕр пуçламăш парторганизацисенче кирлĕ пек пулса пымасть-ха. Тĕслĕхрен, Калинин ячĕпе, Дзержинский ячĕпе тăракан тата «Путь Ленина» колхозсенчи пуçламăш парторганизацисенче парти пухăвĕсене вăхăтра ирттермеççĕ. Ку парторганизацисенче парти пухăвĕсенче яланах пĕр çынсем тухса калаççĕ. «Путь Ленина» колхозри пуçламăш парторганизацинче отчетлă тапхăрта 7 пуху иртнерĕ. Васильевпа Зайцев коммунистсем пухусенче пĕр хутчен те тухса каласман. Асăннă парторганизацисенче критикăпа самокритикăна тивĕçлипе хаклаççĕ, уйрăм коммунистсем производствăра хăйсен авангардлă рольне кăтартмаççĕ. Ку колхозсем чылай енĕпе кая юлса пыраççĕ.

Паллах ĕнтĕ, партоганизацисенчи çак çитменлĕхсемшĕн КПСС райкомĕ те айăплă. Райком работникĕсем пуçламăш парторганизацисен пухăвĕсенче пулаççĕ пулин те, парторганизаци пурнăçĕпе çиелтен кăна паллашаççĕ, коммунистсемпе сахал калаçаççĕ.

Районти парти организацийĕн ĕçĕ мĕнле пулса пырасси КПСС райкомĕн бюровĕнчен нумай килет. Бюро ĕçĕнче коллективлăх вăйлă пулни бюро членĕсен ответлăхне ÿстерет. Парти массисем умĕнчи пĕтĕм ответлăха туйса ĕçлесен кăна бюро членĕсем политикăлла тата хуçалăхла ыйтусем тăрăх тĕрĕс решени йышăнма пултараççĕ.

КПСС райкомĕн бюро ларăвĕсем йĕркеллĕ, уйăхра виçĕ хутчен пулса иртеççĕ. Ларура яланах бюро членĕсем çителĕклĕ е пурте пулаççĕ. Бюрон ĕç планне бюро ларăвĕ малтанах çирĕплетет. Ларусен кун йĕркине, лару пуçланиччен хатĕрлесе, бюро членĕсене вăхăтра паратпăр. Решени проектне хатĕрлесе унпа бюро членĕсене малтанах паллаштаратпăр. Вĕсем решени проекчĕпе паллашнă хыççăн хăйсен асăрхаттарăвĕсемпе сĕнĕвĕсене палăртаççĕ. Докладчиксене те проектпа паллаштаратпăр.

Бюрора лартнă ыйтăва тĕрĕс сÿтсе явасси бюро членĕсен активлăхĕнчен нумай килет. Анчах, калас пулать, райком бюровĕн уйрăм членĕсем хăйсен ĕçри ответлăхне манаççĕ-ха, бюро ĕçне активлă хутшăнмаççĕ, сÿтсе явакан ыйтусем тăрăх калаçмасăр тăрса юлма тăрăшаççĕ.

КПСС райком бюровĕн ĕçĕнчи тепĕр çитменлĕх вăл çакă пулса тăрать: эпир сахал мар лайăх решенисем йышăнатпăр, анчах решенисем мĕнле пурнăçланса пынине тĕрĕслессине, вĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе организацилле ĕçсене çителĕксĕр йĕркеленĕ. Кашни руководителĕн, кашни специалистăн ĕçри ответлăхне ÿстерес тĕлĕшпе эпир çителĕксĕр ĕçлетпĕр. Çакна пулах ĕнтĕ хăшпĕр руководительсемпе специалистсем хăйсен тивĕçĕсене кирлĕ пек пурнăçласа пымаççĕ.

Халĕ районта КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановление ĕççыннисене ăнлантарса парасси анлăн сарăлса кайрĕ. Ку тĕлĕшпе çĕршер агитатор ĕçлет. Районти ĕççыннисем Пленум постановленине ялхуçалăхне малалла аталантармалли программа вырăнне хурса йышăнчĕç. Халĕ вĕсем ăна ăнăçлă пурнăçа кĕртессишĕн анлă кĕрешÿ пуçарса ячĕç.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ парти организацийĕсем умне ялхуçалăхне ертсе пырассине лайăхлатас тĕлĕшпе пысăк задачăсем кăларса тăратрĕ. КПСС райкомĕ, партин шалти демократийĕн требованийĕсене, ертсе пырас ĕçри коллективлăх принципне пурнăçа кĕртсе, коммунистсен активлăхĕпе парторганизацисен кĕрешÿри пултарулăхне ÿстерсе пыма тăрăшать.

Г. АЛЕКСЕЕВ,
КПСС Елчĕк райкомĕн секретарĕ.

*Ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх ирттеренен калаçусем*

# Колхоз пурнăçĕн тĕп законĕ

Ялхуçалăх артелĕн Уставĕ ялта çĕнĕ общество тумалли аслă закон пулса тăрать. Вăл колхоз стройĕн социализмла принципĕсене çирĕплетет. Колхоз стройĕн социализмла принципĕ вăл артельте общественлла харпăрлăх пуç пулса тăни, хуçалăха план тăрăх тытса пыни, государство умĕнчи обязательствăсене чи малтан пурнăçлани, тупăшсене ĕç тăрăх валеçни, колхоз производствине демократилле никĕс тăрăх тытса пыни пулать.

Ялхуçалăх артелĕн Уставĕ артелĕн общественлла интересĕсене колхозниксен харпăр хăй интересĕсемпе тĕрĕс сыхăнтарса пырас аслă идея çинче никĕсленсе тăрать. Колхозниксен харпăр хăй интересĕсене артелĕн общественлла интересĕсемпе тĕрĕс сыхăнтарса пыни чи малтан колхозăн общественлла хуçалăхĕ пур енĕпе те тата пĕрмаях аталанса пынинче, колхозниксем харпăр хăй интересĕсене общественлла интересĕсене пăхăнтарса пынинче палăрать.

Колхозниксем илекен тĕп тупăш—ĕçкунĕсем тăрăх илнĕ продукци тата укçа пулмалла. Харпăр хăйĕн хуçалăхĕ колхозника пулăшакан хушма хуçалăх кăна пулмалла. Пурнăç условийĕсем лайăхланса пырасси йăлтах ялхуçалăх артелĕсем пĕрмаях тĕрекленсе пынинчен, артелĕн общественлла хуçалăхне аталантарнинчен килет. Колхозниксем общественлла хуçалăхри ĕççене тăрăшса туни, колхоза аталантарма тăрăшни, артелĕн пур членĕсем те уй-хирте, фермăсенче тÿрĕ кăмăлпа ĕçлени—çаксем ĕнтĕ общественлла хуçалăха хăвăрт аталантарма, колхозниксен материальнăй пурнăçĕпе культурăлла шайне çĕнĕрен вăйлăн çĕклеме май параççĕ.

Колхоз çĕрĕ—ялхуçалăх производствин тĕп хатĕрĕ, колхозсен вăйĕпе тĕрекĕн тĕп çăлкуçĕ. Ялхуçалăх артелĕн Уставĕ общественлла хуçалăха малалла аталантарас тата тĕреклетес тĕлĕшпе колхозсене çирĕплетсе панă çĕрпе туллин усă курма, тăпра пуянлăхне хушса пыма хушать. Колхоз хăйĕн çĕрĕпе мĕн чухлĕ туллинрех усă курать, çĕр ĕçне мĕн чухлĕ лайăхрах туса пырать, çавăн чухлĕ вăл çĕртен продукци те ытларах илет. Колхозниксем пуян та культурăллă пурăнасси те нумай енчен çакăнтан килет.

Ялхуçалăх артелĕнче пур ĕçе те колхозниксен вăйĕпе туса пыраççĕ. Колхозниксем туллин вăйпа ĕçлесен те хăшпĕр ĕçе вăхăтра туса пĕтерме май çук пулсан кăна колхоз ĕç вăйне вăхăтлăха тара тытма пултарать.

Колхозри ĕçе организацилемелли тĕп форма яланлăха тунă производствăлла бригада пулса тăрать. Тĕрĕс организациленĕ производствăлла бригадăсем МТС-сен çĕнĕ техникипе, хуçалăхри машинăсемпе тата производствăн ытти хатĕрĕсемпе туллин усă курма пултараççĕ.

Устав колхозри мĕнпур ĕçсене сдельщина йĕрки тăрăх туса пыма хушать. Сдельщина йĕркипе ĕçлесе, колхозниксем ĕç тухăçлăхне вĕçĕмсĕр ÿстерсе пыма пултараççĕ, çакă вăл пур ĕçсене те пысăк пахалăхпа тата кĕске срокра туса иртерме май парать, производствăна сарса пыма пулăшать.

Ĕçе сдельщина тăрăх организацилес тĕлĕшпе колхозра ĕç нормисене тĕрĕс туни пысăк вырăн йышăнать. Çирĕп ĕç нормисĕр колхозниксен ĕçне тĕрĕс шута илсе пыма çук. Ĕç нормине яланлăхах палăртса хума та май килмест, мĕншĕн тесен производствăн ĕç хатĕрĕсем лайăхланса пынă май колхозниксен ĕç тухăçлăхĕ те тăтăш ÿссе пырать. Çавăнпа колхозсенче ĕç нормисене çулсеренех çĕнĕрен пăхса тухмалла, вĕсене малта пыракан колхозниксен ĕç тухăçлăхне шута илнипе çĕнĕтсе çирĕплетмелле.

Ялхуçалăх умĕнче тăракан тĕп задачăсене тĕрĕс тата вăхăтра пурнăçласси колхозсенче ĕç дисциплинине çирĕп тытса пынипе çыхăнса тăрать. Ĕç дисциплинине пăхăнса пыни ĕç тухăçлăхне ÿстерме май парать. Колхозниксен пысăк пайĕ артель хуçалăхĕнче тÿрĕ кăмăлпа ĕçлет. Çав вăхăтрах чылай колхозсенче ĕçкунĕсен минимумне тултарман колхозниксем те тĕл пулаççĕ. Ĕçкунĕсен минимумне тултарман колхозниксем уйрăмах Первомайски районĕнчи колхозсенче нумай. Иртнĕ 1952 çулта вĕсен хисепĕ районта 45 процент пулнă. Улатăр, Хĕрлĕ Чутай, Çĕмĕрле районĕсенчи колхозсенче те ĕç дисциплини тивĕçлĕ вырăнта мар. Колхозсенче ĕç дисциплинине пăсакансене хирĕç Уставра кăтартнă мерăсене çийĕнчех йышăнас пулать.

Ялхуçалăх артелĕн Уставĕнче колхозсен тĕп задачисене уççăн палăртса хунă. «Колхозсен тĕп задачи—тенĕ Уставра,—вăл ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстересси, выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ÿстересси пулать». Устав çакăн пек хушнине партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисенче те палăртса хăварнă. Съездра тунă отчетлă докладра Г. М. Маленков юлташ: «çĕр ĕçĕнчи тĕп задача тырпул тухăçлăхне ÿстересси пулать», тесе кăтартса пачĕ. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри тĕп задача—вăл общественлла выльăх-чĕрлĕх йышне ÿстерсе пынипе пĕрлех унăн тухăçлăхне ÿстерсе пырасси пулать, тенĕ. Çак задачăсене КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕнче Н. С. Хрущев юлташ та тĕплĕн палăртнă.

Ялхуçалăх артелĕн Уставĕнче ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстермелли майсене кăтартса панă. Ку тĕлĕшпе Устав артельсенче пусă çаврăнăшĕсене тĕрĕс пурнăçласа пыма, çĕртме сухи тăвас ĕçĕн пахалăхне хăпартма, пропашной тата техникăлла культурăсен рачĕсем хушшинчи ĕçсене тăрăшарах тума, вырăнти пур тĕрлĕ удобренисене те уй-хире нумайрах пухса кăларма, акма чи паха вăрлăх суйласа хатĕрлеме, выльăхсен ĕратлăхне лайăхлатса пыма, выльăх апачĕ акса тăвас ĕçе сарса вăйлатма хушать.

Ялхуçалăх артелĕн Уставĕнче çирĕплетнĕ çак требованисене КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă решенисенче малалла сарса тĕплĕн кăтартса панă. Ялхуçалăхĕнче тунă çитĕнÿсене палăртнипе пĕрлех, Пленум колхозсенчи çитменлĕхсене уçса палăртрĕ. Нумай колхозсенче тырпул тухăçлăхне ÿстернĕшĕн ĕçшĕн хушса тÿлемелли закона пăхăнса пымаççĕ. Хăшпĕр колхозсенче хуçалăхшăн питĕ усăллă культурăсене, сăмахран, йĕтĕнпе кантăра, пахча çимĕçпе çĕрулмине акса тăвас ĕçе хакламаннине курма пулать. Çав культурăсене акса тăвас ĕçе сахал механизациленĕ, нумай çĕрте вĕсене алăпа кăна тăваççĕ. Нумай колхозсенче çĕр ĕçĕн культури япăх. Пусă çаврăнăшĕсене йĕркене кĕртсе çитереймеççĕ. Нумай çул хушши ÿсекен курăксене вăрлăхлăх акса тăвас ĕçе кирлĕ пек туса пымаççĕ. Вырăнти удобренисемпе анлăн усă курмаççĕ.

Акма кирлĕ паха вăрлăха вăхăтра хатĕрлесе хуни хуçалăхра питĕ пысăк вырăн йышăннине шута илсе, Правительство кăçал вăрлăх хатĕрлемелли çĕнĕ йĕрке çирĕплетсе пачĕ. Вăрлăх фончĕсене кăçал вăрлăх участокĕсенче ÿстернĕ таса та паха тырра хывмалла. Çавăн пек вăрлăх хуçалăхра çитмест пулсан, вăрлăх фондне, государствăна тырă парса татиччене, хуçалăхри чи паха тырăран кирлĕ чухлĕ уйăрса хумалла. Çак постановлени колхозсенче вăрлăх фончĕсем хывса хăварма лайăх майсем туса парать.

Артель Уставĕ правленисене выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе яланах тĕплĕн ертсе пыма хушать. Артельте пур тĕрлĕ выльăхсене те йышлă ĕрчетмелле, вĕсенчен илекен продукцин хисепне ÿстерессишĕн куллен тăрăшса ĕçлемелле. Фермăсенче ялан ĕçлеме кадрсем çирĕплетсе памалла, общественлла выльăх-чĕрлĕх апачĕн çирĕп никĕсне туса хумалла, выльăх апачĕ хатĕрленĕ çĕрте тата фермăсенче йывăр ĕçсене пурне те механизацилемелле, пур выльăхсем валли те çирĕп те паха витесем лартмалла, выльăхсене пăхса усрас ĕçе лайăхлатмалла.

Çавăнпа пĕрлех колхоз правленийĕсем артель членĕсене харпăр хăй хуçалăхĕнче выльăх тытса усрама пулăшни кирлĕ. Ялхуçалăх артелĕн Уставĕнчи çак требованине нумай колхозсенчи руководительсем манса кайнă. Партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ кăтартса панă тăрăх, апир колхозниксен килĕнчи выльăхсем çинчен те манмалла мар. Артелĕн общественлла выльăх-чĕрлĕхĕ ĕрчесе пынипе пĕрле колхозниксен килĕсенче те ялхуçалăх артелĕн Уставĕпе пăхнă чухлĕ выльăх-чĕрлĕх пулмалла. Паллах, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малашне те общественлла выльăх-чĕрлĕх тĕп вырăн йышăнса тăрать. Анчах хальхи вăхăтра общественлла хуçалăхра ĕрчетнĕ выльăх-чĕрлĕх пĕтĕм халăха, вăл шутра колхозниксене те, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем çителĕклĕ парса тăма пултараймасть пулсан, колхозниксем хăйсен килĕнче выльăх-чĕрлĕх усрани общественлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине чăрмантармасть, пулăшать. Çакă вăл колхозниксемшĕн те, колхозсемшĕн те, государствăшăн та усăллă. Çавна республикăри малта пыракан, султан-çул пысăк тухăçлă тырпулпа выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем илекен колхозсен опычĕ лайăх çирĕплетсе парать.

Ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçне ÿстерсе пырасси колхозсен хуçалăхне тытса пымалли социализмла тĕп принципсене тĕрĕс пурнăçласа пынинчен нумай килет. Çав тĕп принципсенчен пĕри вăл общественлла производствăна аталантарма, унăн тупăшлăхне ÿстерсе пыма колхозсемпе колхозниксен пурлăх тĕлĕшпе пĕрмаях интереслентерни пулать.

Общественлла производствăна аталантарас ĕçре колхозсемпе колхозниксене пурлăх енĕпе интереслентерес тĕлĕшпе правительство колхозсем обязательство шучĕпе государствăна паракан аш-какай, сĕт, çăм, çĕрулми, пахча çимĕç хакĕсене пысăклатмалла турĕ. Çапла, колхозсемпе колхозниксем государствăна обязательствăсем шучĕпе паракан выльăхпа кайăк-кĕшĕк хакĕсене 5 хут çурă ÿстернĕ, сĕтпе çу хакĕсене икĕ хут пысăклатнă, çĕрулми хакне 2,5 хут, пахча çимĕç хакĕсене вăтамран 25—40 процент ÿстернĕ. Правительство колхозниксен государствăна аш-какай, сĕт-çу, çĕрулмипе пахча çимĕç памалли нормăсене пĕчĕклетрĕ. Çав продуктсен хисепĕ халĕ колхозсемпе колхозниксенчен ытларах юлать, āна вĕсем государствăна е ĕçсыннисене ытларах сутма пултараççĕ. СССР Верховнăй Совечĕ ялхуçалăх налогĕ çинчен йышăннă çĕнĕ закон та колхозсемпе колхозниксене общественлла производствăна аталантарас, производствăн тупăшлăхне ÿстерсе пырас ĕçре пурлăх енĕпе интереслентерет, колхозниксене хăйсен килĕсенче ялхуçалăх артелĕн Уставĕнче кăтартнă чухлĕ выльăх-чĕрлĕх тытма хавхалантарать.

Устав колхозăн тупăшĕсене валеçес ĕçе яланах тĕрĕс туса иртерме хушать. Уставра хуçалăх тупăшĕсене валеçмелли йĕрке çинчен, хуçалăхăн укçа тупăшне валеçмелли йĕрке çинчен калană. Уставра колхозăн тупăшĕсене валеçнĕ чухне государство умĕнчи обязательствăсене пурнăçласснине чи малта хума кирлине палăртнă. Колхозсен пĕрремĕш тивĕçĕ вăл государство умĕнчи парăмсене вăхăтра тата чи малтан парса татасси пулать. Çавăнпа пĕрлех вăрлăх фончĕсене вăхăтра лайăх уйăрса хăварас пулать. Государство умĕнчи парăмсене татнă тата вăрлăх фончĕсене пурне те тунă хыççăн, колхоз хăйĕн производствăлла ытти ыйтăвĕсене тивĕçтерме нăтуральнăй фондсем хывать, çавăн пекех укçан илнĕ тупăшран производствăлла, культурăлла, административлла-хуçалăхла ĕçсем валли 15—20 процент чухлĕ пайланман фонда укçа уйăрса хурать.

Колхозниксене тивекен тупăша артелĕн кашни членне вĕсем ĕçлесе тунă ĕçкунĕсем тăрăх валеçсе параççĕ. Çавăнпа пĕрлех колхоз правленийĕсен бригадăсене, звеносене, уйрăм колхозниксемпе колхозницăсене, вĕсем ĕçлесе тунă çитĕнÿсене кура, ĕçшĕн хушса тÿлемелли йĕркене тĕрĕс пурнăçласа пырас пулать.

Ялхуçалăх артелĕн Уставĕ тăрăх, колхоз правленийĕсен государство колхоза МТС урлă паракан тракторсемпе, двигательсемпе, молотилкăсемпе, комбайнсемпе тата ялхуçалăхĕнчи ытти машинăсемпе туллин усă курассишĕн кĕрешмелле. Хальхи вăхăтра МТС-сенчи хăватлă техникăпа туллин тата пур ĕçре те усă курни колхозсене хăвăрт аталантармалли тата вĕсен общественлла хуçалăхне çирĕплетмелли тĕп фактор пулать. Анчах та пирĕн республикăри чылай колхозсенче МТС-сен техникипе халĕ те питĕ çителĕксĕр усă кураççĕ. Ялхуçалăхĕн чылай отраслĕсенче ĕçе халĕ те алăпа кăна тăваççĕ. Уйрăмах выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе, çĕрулми лартса тăвас ĕçе, пахча çимĕç, йĕтĕн, махорка, кантăр акса тăвас ĕççене сахал механизациленĕ.

Колхоз правленийĕсем МТС-сен хăватлă техникипе колхоз производствинче анлăрах усă курма тăрăшмалла. Çавăн пекех хуçалăхри механизмсемпе, инвентарьпе туллинрех усă курмалла. Çапла тусан кăна эпир колхозăн общественлла хуçалăхне тата колхозниксен пурнăç условийĕсене хăвăрт çĕклеме пултаратпăр.

Ялхуçалăх артелĕн ĕçне колхозлă демократи принципĕ тăрăх, урăхла каласан, артеле ертсе пырас ĕçе пĕтĕм колхозниксемпе колхозницăсене активлăн хутшăнтарса туса пыраççĕ. Колхозла демократие çирĕп пăхăнса ĕçлени колхозниксен пултарулăхне анлăн сарса пыни, колхоз производствинчи тĕп ыйтусене татса панă çĕрте вĕсем пуçарулăх кăтартни колхозсене организаципе хуçалăх енчен малалла вăйлатать.

Примерлă Уставăн 19-мĕшпе 20-мĕш пункчĕсенче çырса хунă тăрăх, артель ĕççĕсене унăн пĕтĕм членĕсен аслă пухăвĕ ертсе пырать, пухусем хушшинчи вăхăтра—ертсе пырас ĕçе пуху суйласа лартнă правлени тăвать. Правлени йышăннă решенисене, çавăн пекех колхоз председателĕпе бригадирсем хушнисене колхозниксен пурин те вăхăтра тата тĕрĕс пурнăçлас пулать. Колхоз правленийĕн председателĕ е правлени составĕ колхоз пурнăçне е хуçалăхне пырса тивекен пысăк ĕççене колхозниксен пухăвĕсĕр татса пама пултараймаççĕ. Правлени татса пама пултарайман çавăн пек ĕççен шутне колхоза çĕнĕ членсем илес е колхоз членĕнчен кăларас ыйтусем кĕреççĕ. Пĕрлехи пухура колхозăн производствăлла планне, çулталăкри приходпа расход сметине, строительство планне, ĕç нормисене, ĕççен хакĕсене çирĕплетеççĕ. Колхозниксен пĕрлехи пухăвĕ колхоз МТС-па тунă договора, правленин çулталăкри отчетне сÿтсе явса çирĕплетет. Правленин çулталăкри отчетне малтан колхозăн ревизи комиссийĕ пăхса тухать, ун çинчен вăл хăйĕн шухăшне пухура пĕлтерет. Артелĕн шалти ĕçĕсен йĕркине, фондсем, вăл шутра ĕçкунĕсем тăрăх валеçмелли фондсем мĕн пысăкăш пулмаллине колхозниксен пĕрлехи пухăвĕнче çирĕплетеççĕ.

Анчах та республикăри хăшпĕр колхозсенче çак йĕркесене пăсни курăнать. Колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсене сайрахутра кăна ирттереççĕ. Сăмахран, Мăркаш районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхозра 1953 çулăн малтанхи çурçулĕнче пурĕ те пĕр пуху кăна ирттернĕ.

Колхозри тĕп ыйтусене сÿтсе явнă чухне пĕрлехи пухура пур колхозниксен те пулмалла, тĕп ыйтусем тăрăх решенисем йышăнма пĕрлехи пухура пĕтĕм колхозниксенчен иккĕ виççĕмĕш пайĕнчен кая мар пулмалла.

Колхоз стройне пур майсемпе те тĕреклетсе пыма тăрăшса, партипе правительство ялхуçалăх артелĕн Уставне çирĕп пурнăçласа пыма хушаççĕ, колхозсен общественлла харпăрлăхне пĕтĕм халăхăн общественлла харпăрлăхне сыхланипе танах çирĕп сыхлама мерăсем йышăнаççĕ. Партипе правительство социализмла ялхуçалăхĕ енĕпе йышăннă историлле постановленисенче çапла каланă: ялхуçалăх артелĕн Уставне пăсни пĕтĕм совет обществишĕн сиенлĕ те хăрушă ĕç пулса тăрать, тенĕ.

Партипе совет организацийĕсем организацилле тата массăлла-политикăлла ĕççем туса пынипе, юлашки вăхăтра колхозсенче ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснисене чылай чакарнă. Çапах та, колхоз çĕрне, выльăхĕсене, продукчĕсене, укçа-тенкине салатса пĕтерни халĕ те тĕл пулкалатьха. Ялхуçалăх артелĕн Уставне вăрттăн майсемпе пăсни те чылай. Кунта колхоз продукцине йÿнĕ хакпа сутнисем, колхоз шучĕпе колхозниксен парăмĕсене тÿлесе татнисем, саратса, тустарса пĕтерни продуктсене айăплисенчен шыраса илес вырăнне убыток шутне янисем кĕреççĕ. Ялхуçалăх артелĕн Уставне çакăн пек пăснисене тĕпренех пĕтермелле.

Колхозсем ялхуçалăх артелĕн Уставĕ тăрăх ĕçлесе пухнă 18 çул хушшинчи опыт Устав организацилле хăватлă вăй пулса тăнине, вăл пурнăçлă пулнине лайăх çирĕплетсе парать. Ялхуçалăх артелĕн Уставне çирĕппĕн пăхăнса ĕçлесе, пирĕн республикăри колхозниксемпе колхозницăсем партин XIX-мĕш съезчĕ тата партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ кăларса тăратнă задачăсене пурнăçа кĕртессишĕн пĕтĕм вăйпа кĕрешĕç.

**И. КОСМИНСКИЙ.**

## Механизаторсем пулма кăмăл тăваççĕ

ЕЛЧĔК. Çĕнĕ Нăва ял Советĕнчи механизатор пулса ĕçленĕ çынсем МТС-а таврăнма кăмăл тăваççĕ.

Ялти вулав çурчĕн заведующийĕ, Мичурин ячĕпе тăракан колхозри комсомол комитечĕн секретарĕ Николай Крысов юлташ 1943—1951 çулсенче тракторист пулса ĕçленĕ. Лайăх ĕçленĕшĕн ăна СССР Верховнăй Совет Президиумĕ Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕпе наградăланă. Халĕ Крысов юлташ хăйне механизаци училищине илме заявлени пачĕ. Унăн пиччĕшĕ Никанор Крысов юлташ та тракторист пулса ĕçлеме илме заявлени пачĕ.

Прицепщик пулса ĕçленĕ В. Цыганов, М. Смирнов, А. Смолин юлташсем механизаци училищине вĕренме кайрĕç.

**В. ЕРТМАКОВ.**

## Колхозниксен пахчинче виноград ÿстереççĕ

ОКТЯБРЬСКИ. «Звезда» колхоз членĕсем, КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленийĕпе паллашнă хыççăн, харпăр хăй пахчисенче сад ĕрчетме тытăнчĕç.

Вуншар колхозник пахчасене 7—8-шар улмуççи, чие çырли, крыжовник тата ытти тĕрлĕрен çимĕç йывăççисем лартса хăварчĕç. Колхоз питомникĕнче колхозниксене сутма 1.500 тĕп улмуççи уйăрнă.

Колхозниксене харпăр хăй пахчисенче çимĕç йывăççисене тĕрĕс лартса ÿстерме колхозри сад ăсти Г. Виноградов юлташ пысăк пулăшу парать. Вăл 1948 çултанпа хăйĕн пахчинче, унтан колхоз садĕнче виноград ĕрчетес тĕлĕшпе опытсем тăвать. Кăçал вăл çак хаклă çимĕçе чылай пухса илчĕ. Виноградов юлташ вĕрентнипе колхозниксем те хăйсен пахчисене виноград хунавĕсене лартаççĕ.

**А. ПОЛИКАРПОВ.**

## Колхозлă ялсенче

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Янкас ялĕ совет саманинче тĕпренех улшăнса çĕнелчĕ. Ялта библиотека, вулав çурчĕ, фельдшер пункчĕ, çичĕ çул вĕренмелли шкул пур. Библиотека çултан çулах çĕнĕ кĕнекесемпе пуянланать. Унта халĕ виçĕ пине яхăн кĕнеке шутланать. Вулакансен йышĕ те пысăк.

Ялти çамрăксем аслă шкулсемпе техникумсенче вĕренеççĕ, квалификациллĕ специалистсем пулаççĕ. М. Федотов Горькийри хулинчи медицина институтĕнче, В. Ванюхин Йошкар-Олари вăрман институтĕнче, М. Леонидова, В. Иванов, В. Николаев Хусанти ветеринари институтĕнче, В. Григорьев, В. Иванова, В. Трофимов Шупашкарти педагогика институтĕнче вĕренеççĕ.

Ĕçсыннисем культура таварĕсем нумай туянаççĕ. Çакă вăл колхозниксен пурнăçĕ лайăхланни, вĕсен культури ÿсни çинчен калать.

**А. ИВАНОВ.**

★ **Паха лекци.** «Электрик» клубра Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводра ĕçлекен çамрăк рабочисен пухăвĕ пулса иртрĕ. Унта 200 çын ытла пулчĕ. Архипов лектор «Социализмла законлăх тата общественлла йĕркелĕхе сыхласси» темăпа лекци вуласа пачĕ. Çамрăксем лекцие тимлĕ итлерĕç. Лекци хыççăн тухса калакансем нумай пулчĕç.

**Р. СОЛОВЬЕВА.**

* * *

ЕТĔРНЕ. Ленин ячĕпе тăракан колхоз юлашки çулсенче выльăх-чĕрлĕх витисем чылай тунă.

Ял çыннисем пуян пурăнаççĕ. Кăçал колхозниксем 13 велосипед туяннă. Ялта çĕнĕ çуртсем нумай лартаççĕ

**М. ФЕДОРОВ.**

* * *

СОВЕТСКИ. Буденный ячĕпе тăракан колхоз организацине хуçалăх тĕлĕшĕнчен çуллен тĕрекленет.

Колхозниксен пурнăçĕ лайăхлансах пырать. Вĕсем кĕнекесемпе хаçат-журналсем нумай илсе вулаççĕ. Ял çыннисен культурăлла ыйтăвĕсене тивĕçтерес енĕпе кунти клуб чылай ĕççем туса пырать. Клубра лекцисемпе докладсем тăтăшах ирттереççĕ, спектакльсемпе кинокартинăсем пулаççĕ. Совет влаçĕ пулнăранпа ял сăн-сăпачĕ тĕпрен улшăнчĕ. Кунта çичĕ çул вĕренмелли шкул пур. Унта 12 учитель ĕçлет, 200 ача яхăн вĕренет.

**Г. МУРЗЕЕВ.**

## М. Ю. Лермонтов произведенийĕсем чăвашла

Вырăссен аслă поэчĕн М. Ю. Лермонтовăн произведенийĕсене пирĕн ĕççыннисем юратса вулаççĕ. Унăн произведенийĕсене 1908 çултах чăвашла куçарса кăларма тытăннă. Ку тĕлĕшпе чăвашсен илемлĕ литература никĕсне хывнă К. В. Иванов нумай ĕçленĕ. Вăл М. Ю. Лермонтовăн чылай произведенийĕсене, вăл шутра «Иван ĕмпÿпе çамрăк сыхлавçă тата сатур Калашник хуçа çинчен хунă юрă», «Парăс», «Чулту», «Тусен тăррисем», «Пурнăç курки», «Тĕрме çынни», «Хумсемпе çынсем» ятлă произведенисене куçарнă. Аслă поэтăн 80 сăввине чăвашла куçарнă. Вĕсене пурĕ 40 пин экземпляр пичетленĕ. Чылай произведенисене уйрăм кĕнекесем туса кăларнă. Çав кĕнекесен шутĕнче — «Мцыри», «Пирĕн вăхăтри герой», «Вилекен гладиатор», «Хуçапала чура çĕршывĕ», «Таркăн», «Поэт вилĕмĕ», «Сывлăш карапĕ», «Бородино» тата ыттисем те.

**И. ПРОХОРОВ.**

# Автотранспорта йĕркеллĕ ĕçлеттересси камран килет?

Пирĕн çĕршывра çултан-çул автотранспорт хуçалăхĕ вăйланать. Автотранспорт хуçалăхĕ вăйланса пыни пирĕн республикăра автомобильсен шучĕ ÿснинчен те, квалификациллĕ шоферсемпе механиксен йышĕ нумайланнинчен те, лайăхлатнă çул-йĕрсем тăвас ĕç анлă сарăлнинчен те курăнать. Кăçал кăна республикăри автотранспорт хуçалăхĕ грузсем турттармалли, пассажирсем лартса çÿремелли машинăсем пĕтĕмпе 100 ытла илет.

Автомашинăсемпе усă курса ĕççыннисен ÿссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерме Шупашкарти автотранспорт работникĕсем нумайăшĕ тăрăшаççĕ, вăй хурса ĕçлеççĕ. Автобуссем çинче ĕçлекен шоферсем А. Вишневский, В. Славновский, И. Сергеев, В. Соболев юлташсем пассажирсем илсе çÿремелли плана уйăхран уйăха тултарса пыраççĕ, горючи чылай перекетлеççĕ. Вĕсем машинăсене яланах тирпейлĕ тытса усраççĕ, график тăрăх илсе çÿреççĕ. Вĕсем пек тăрăшса, вĕсемпе социализмла ăмăртса ĕçлекенсем сахал мар.

Анчах автотранспорт кантурĕн руководстви, унти пуçламăш парторганизаципе профсоюз местномĕ ĕçре малта пыракансен опытне сарас ĕçе, пур водительсемпе кондукторсене те лайăх ĕçлеме вĕрентессине организацилемен. Унта техника минимумне вĕренмелли кружок та туман. Чылай юлташсем виçĕ-тăватă çул каялла виççĕмĕш класри шофер ятне илнипе ĕçлеме тытăннă пулсан, вĕсем халĕ те çав класри шоферсемех пулса тăраççĕ. Машинăсене юсамалли мастерской пĕчĕк, унта ĕçре кирлĕ станоксемпе механизмсем çукпа пĕрех. Шоферсем хушшинче ĕçри ответлăха туйманнисем, ĕç дисциплинине пăсакансем пур. Сменăри техник Тюрин юлташ Н. В. Вереинов шофера машинăна юсама хушнă, анчах вăл хăйне хушнине итлемен, техникпа вăрçса кайнă.

Автобуссем график тăрăх çÿремен пирки пассажирсен вĕсем пырса çитессине чылай вăхăт хушши кĕтсе тăма тивет. Автобуссем çине ларнă çĕрте ним йĕрки те çук. Кам вăйлă, çав маларах ларма пикенет. Юлашки вăхăтра чылай маршрутсем тăрăх автобуссем çÿремеççĕ. Калинин урамĕнчи çула юсама тытăннăранпа унта автобуссем çÿремеççĕ. Чапаевски поселока каймалли автобуссем Сельэлектро склачĕ патне çеç çитеççĕ, унтан каялла çаврăнаççĕ. Грузсем турттаракан таксисем хулара пачах çук.

Çапла ĕçленине пула тата ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен пирки хулари автотранспорт кантурĕ грузсем турттармалли тата пассажирсем илсе çÿремелли плана тултараймасть. Таксомоторсемпе пассажирсем илсе çÿремелли плана сакăр уйăх хушшинче 76,7 процент çеç тултарнă.

Хулара машинăсен шучĕ тата водительсен йышĕ нумайланса пынă вăхăтрах, пирĕн автотранспорт ĕççыннисен ÿссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерейменшĕн кам айăплă?

Çак ĕçри çитменлĕхсемшĕн чи малтан хулари автотранспорт кантурĕн руководителĕ Семенов юлташ айăплă. Вăл хăйне шанса панă хуçалăхра çирĕп йĕрке тума сахал тăрăшать. Вăл хулари автотранспорт ĕçне лайăхлатас пирки влаçăн çÿлти органĕсем панă кăтартусене, хула Совет исполкомĕ йышăннă решенисене пурнăçлас ĕçе организацилемест. Автотранспорт хуçалăхĕнче ĕçлекенсен коллективĕн пухăвĕсенче хăшпĕр юлташсем ĕçри çитменлĕхсене хытă критиклеççĕ, паха сĕнÿсем параççĕ, анчах Семенов юлташ çавсене шута илмест. Нумай пулмасть пулнă пухура автотранспорт хуçалăхне хĕле хатĕрлес пирки нумай каласнă, лайăх сĕнÿсем панă. Анчах пуху решенине, работниксен сĕнĕвĕсене пурнăçлама халиччен те татăклă мерăсем йышăнман.

Хулари ĕççыннисен сĕнĕвĕсене Семенов юлташ шута илмест, жалобăсене çиелтен пăхса тухать. Автовокзалта жалобăсемпе сĕнÿсен кĕнеки пур. Унта çырнă жалобăсем тăрăх Семенов юлташ ĕçре йĕркелĕх тума, водительсем хушшинче дисциплинăна çирĕплетме сахал тăрăшать. Семенов юлташ асăннă жалобăсене вулани çинчен кĕнеке çине алă пуснă, анчах унта хăй енчен водительсене мĕнле те пулин асăрхаттарни çинчен нимĕн те шарламан. Хулара автобуссем график тăрăх йĕркеллĕ çÿременшĕн, ларнă çĕрте черет пысăк пулнăшăн, автовокзалтан районсене çÿрекен машинăсем вăхăтра тухса кайманшăн, автовокзалта ĕçлекенсем тата кондукторсем пассажирсемпе культурăллă калаçманшăн ĕççыннисем кÿренеççĕ. Вĕсем хăйсен шухăшĕсене жалобăсемпе сĕнÿсен кĕнеки çине çырса, сăмахпа каласа пĕлтереççĕ. Анчах вĕсем каланинчен кантур руководителĕ Семенов юлташ тивĕçлĕ вывод тумасть. Кантурти пуçламăш парторганизаципе профсоюз местномĕ те хулари автотранспортра çирĕп йĕрке тăвассишĕн кирлĕ пек тăрăшмаççĕ. Вĕсем работниксен политикăлла ăнланулăхне ÿстерес ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен.

Кантур хăйĕн планне мĕншĕн тултарайманни çинчен сăмах хускатсан, унта ĕçлекенсем çавăншăн айăпне çул-йĕрсем çине йăвантараççĕ, «Хулари çулсем начар, машинăсем çĕмĕрĕлеççĕ, маршрутпа палăртнă вырăнсене çитеймеççĕ», теççĕ. Чăн та, вĕсем калани хăшпĕр таран тĕрĕс. Хула Совет исполкомĕ Калинин урамĕнчи çула юсама кĕркунне çеç тытăннă. Чапаевски поселока каймалли çул çине тăршшĕпех чул сарса тухасси çинчен нумай каласнă, решенисем йышăннă, анчах унта чул сарса çитерес тĕлĕшпе нимĕн те туман. Хула Совечĕн çак кунсенче пулса иртнĕ улттăмĕш сессийĕнче те урамсене хавшак чул сарни тата çĕнĕрен чул сарнă çулсен пахалăхĕ япăх пулни, вăйлă çумăр çунипех çав çулсем çĕмĕрĕлни çинчен калакансем пулчĕç. Çак тĕслĕхсенчен хула Совет исполкомĕ суйлавçăсем иртнĕ суйлавра автотранспорт хуçалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе панă наказсене пурнăçлас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлени курăнать. Исполком автотранспорт хуçалăхне лайăхлатасси çинчен пĕр хут кăна мар сÿтсе явнă, решенисем йышăннă. Анчах, пĕтĕмĕшпе илсен, решенисене пурнăçлас ĕç кирлĕ пек пулса пымасть. Исполком хăйĕн решенийĕсене пурнăçлас ĕçе организацилеме сахал тăрăшать.

Хулари автотранспорт халăхăн ÿссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерме пултартăр тесен, хула Совет исполкомĕн хăйĕн решенийĕсене пĕтĕмпех тата вăхăтра пурнăçлас ĕçе организацилемелле, автотранспортпа çул-йĕр кантурĕсен руководителĕсен ответлăхне ÿстермелле. Автотранспорт работникĕсен канашлăвĕсене час-час иртттерни, вĕсенче сиввĕч ыйтусене вăхăтра сÿтсе явни, решенисене конкретлăн пурнăçласа пыни çак ĕçе лайăхлатма чылай пулăшнă пулĕччĕ.

**П. ДУБРОВИН.**

## Редакцие килнĕ çырусем

### Йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерме тăрăшмаççĕ

Сĕнтĕр—район центрĕ. Унта ĕççыннисен йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен. Акă, Колхозник çуртне илер-ха. Унта таса мар, çавăн пирки унта кĕрекенсен шучĕ чакса пырать. Çуртри тăватă кăмакаран иккĕшĕ хутма юрăхсăр, çуртăн стенисемпе мачисем хуралса ларнă. Ку çурта ДОСААФ-ăн районти оргкомитетне, район библиотекине, промкомбинатăн парикмахерскине вырнаçтарнă. Библиотека вырнаçнă пÿлĕмре яланах сывлăш чĕрĕ тăрать.

Район центрĕнчи пĕртен-пĕр парикмахерскинче Хрисанов мастер ĕçлет. Вăл мĕнле ĕçленипе районти промкомбинат администрацийĕ, райсовет исполкомĕн вырăнти промышленность пайĕ тата финанс пайĕ пачах интересленмеççĕ. Хрисанов парикмахер темиçе çул хушши организаци ячĕпе витĕнсе прейс-курантсăрах, патентсăрах ĕçлет. Вăл çапла майпа сухал хырнăшăн хăшпĕринчен 1 тенкĕ те 50 пус, тепринчен—2 тенкĕ илет. Унтах санитари правилисене те яланах пăсса пыраççĕ. Сухал хырнă чухне, çÿç каснă чухне Хрисанов парикмахер час-часах халатсăрах ĕçлет. Халĕ çанталăк сивĕтрĕ. Кашни ĕççынни эрнере е 10 кунта пĕр хутчен мунча кĕресшĕн. Анчах Сĕнтĕрти мунча кăçалхи апрель уйăхĕнчепе ĕçлемест, унти кăмака юрăхсăр.

Районти промкомбинатăн (директорĕ Б. Фролов) атă-пушмак çĕлекен пĕртен-пĕр мастерской пур. Унта икĕ çын кăна ĕçлет. Çавăнпа та атă е пушмак юсама парсан, вăл унта икĕ уйăх тусан айĕнче выртать.

Районти санитарипе эпидемиологи станцийĕн çурчĕ умĕнче 25 метрта пысăк çăл пур. Ку çăлтан шыв ăсма витре çакса паман. Çавăнпа та кам алăне мĕнле витре лекет, вăл çав витрепе çăлтан шыв ăсать. Ун патĕнчен иртсе çÿрекен шоферсем краççын-бензин тытнă витресемпе çăлтан шыв ăсаççĕ.

Çак çитменлĕхсене кĕске срокрах пĕтерме, ĕççыннисен йăла ыйтăвĕсене лайăхрах тивĕçтерме райсовет исполкомĕн тимлĕн тăрăшас пулать.

**М. ИСАЕВ.**

### Ял Совет канцелярийĕсем çинчен

Ял Совет канцелярине ĕççыннисем ирттен пуçласа каçченех тĕрлĕрен ыйтусемпе пыраççĕ. Çавăнпа та канцеляри чи таса та культурăллă вырăн пулмалла. Анчах çакна хăшпĕр ял Совечĕсен председателĕсем паянхи куна та ăнланса илеймен-ха.

Акă, Красноармейски районĕнчи Ямайкасси ял Совечĕн канцелярине илер. Унта тĕксĕм, кичем. Урайĕсем хура. Стенасем çумĕнче пĕр портрет та, плакат та çук. Унта кашни кунах, ĕç вăхăтĕнчех хăшпĕр çынсем табак туртса, ял Советĕнче ĕçлекенсене чăрмантарса ларнине курма пулать.

Çурт çумĕнче унта ял Совет канцелярийĕ вырнаçни çинчен пĕлтерекен вывеска çук. Ял Совет председателĕнчен Н. Алексеев юлташран: «мĕншĕн-ха эсир канцеляри çурчĕ умне вывеска çырса çакмастăр?», тесе ыйтсан, вăл «пирĕн ял Совечĕ Ишлей районне кĕнĕ чухне пирĕн вывеска пурччĕ те, унтан вара вывеска туман», тет.

Ку тĕрĕс ответ-ши вара? Паллах, тĕрĕс мар. Ямайкасси ял Совечĕ Ишлей районĕнчен Красноармейски районне куçни чылай пулать ĕнтĕ. Унтанпа темиçе вывеска та çырса çапма вăхăт пулнă.

Чурачăк районĕнчи Тĕрер ял Совечĕн канцелярийĕ вырнаçнă çуртăн çивиттийĕ шăтăк, шыв анать. Пĕренисем çĕрсе пĕтнĕ. Канцелярине юсас пирки райисполком умĕнче темиçе хутчен те ыйту хускатнă. Çапах та канцелярие юсаттарас тĕлĕшпе халиччен нимĕн те туман-ха.

Ял Совечĕсен канцелярийĕсен çурчĕсене юсавлă та тирпейлĕ тытса усрамалла. Вĕсенче ĕçпе пыракансене йышăнма сĕтел-пукан пултăр. Канцеляри ялти культурăллă вырăн пулса тăтăр.

**М. АЛЕКСАНДРОВ.**

# Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ

ВЕНА, октябрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Конгресăн каçхи ларăвĕнче Ди Витторио докладне сӳтсе явма тытăннă. Малтан Латинла Америкăри ĕççыннисен конфедерацийĕн председателĕ Ломбардо Толедано сăмах илнĕ. Вăл конфедераци ĕçĕсем çинчен тата Латинла Америкăри ĕççыннисен кĕрешĕвĕ çинчен каласа панă.

Латинла Америкăри ĕççыннисен конфедерацийĕ пысăк вăй пулса тăнине палăртнине вĕрлех, Ломбардо Толедано конфедераци сектантла йăнăшсем туни çинчен каланă. Вăл пролетариатпа хресченсем тата интеллигенци хушшинчи союза хакламан, рабочи класăн кĕрешĕвне нацин никама пăхăнманлăхĕшĕн пыракан юхăмран уйăрнă.

Латинла Америкăри ĕççыннисен конфедерацийĕ, тенĕ Толедано, çак йăнăшсене, тĕпрен илсен, пĕтерчĕ. Савăн çинчен, тĕслĕхрен, çак факт каласа парать: Миланра пулса иртнĕ иккĕмĕш конгресра Латинла Америкăран пурĕ те 21 делегат кăна пулнă пулсан, халĕ çак конгресс ĕçне Латинла Америкăри 18 çĕршывран 160 делегат хутшăннă. Гаитипе Никарагуаран кăна делегатсем çук. Çак 160 делегатран çуррине яхăн Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацине тата Латинла Америкăри ĕççыннисен конфедерацине кĕмен профсоюз организацийĕсенчен килнĕ делегатсем пулаççĕ.

Ломбардо Толедано США хушнипе ĕçлесе тăракан реакцилле профсоюзсен лидерĕсен раскольникла ĕçĕсене хытă сивленĕ.

Юлашкинчен Толедано Латинла Америкăри профсоюзсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен каласа панă.

Германири ĕççыннисен пĕрлĕхлĕ делегацийĕн членĕ Беллер Хĕвеланăç Германири рабочисем мĕнле условисенче пурăнни тата кĕрешни çинчен каланă.

Шултра капиталистсемпе помещиксен, милитаристсемпе реваншистсен интересĕсене хӳтĕлесе тăракан Аденауэр правительстви, тенĕ вăл, Америка хушнисене итлесе, Хĕвеланăç Германирен çар бази, Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç вăрçа хатĕрленмелли плацдарм туса хучĕ. Хĕвеланăç Германире вăрçă ĕçĕсене хатĕрленни унăн пĕтĕм экономикине милитаризацилесе çитерчĕ. Иртнĕ çул Рейнланд-Пфальц районĕнче çар сооруженийĕсем тунă çĕрте строительствăри рабочисем çĕршыври мĕнпур мирлĕ сооруженисем тунă тата юсанă çĕрте ĕçленинчен нумайтарах пулнă.

Аденауэр правительстви халăхăн демократиллĕ прависене пĕтерсе пырать. Вăл прогрессивлă профсоюзсен деятелĕсене — демократипе миршĕн кĕрешекенсене тĕрмесене тытса хупать. Ĕççыннисем рабочисене хирĕçле политикăна хирĕç кĕрешнине çĕмĕрсе тăкас тата профсоюзсен членĕсене хуçасемпе килĕштерсе ĕçлемелле тума хĕтĕртес тĕллевпе Хĕвеланăç Германи бундестагĕ 1952 çулта «предприятисенчи рабочисен положенийĕ çинчен» текен, профсоюзсене хирĕçле закон йышăнчĕ.

Çак закон тăрăх, ĕççыннисен прависене хӳтĕлекен фабрикăпа завод комитечĕсен членĕсене ĕçрен кăлараççĕ.

Профсоюзсен сылтăм социалистла пуçлăхĕсем тытса пыракан политикăна пăхмасăр, тенĕ Беллер, Хĕвеланăç Германири рабочи класс массисем çакна ăнланса çитеççĕ: Германири пĕрлĕхлĕ рабочи класс кăна, мире юратакан мĕнпур çынсемпе пĕрле, Америкăпа Германи империалисчĕсен çар планĕсене путлантарса лартма пултарать.

Малалла Беллер Хĕвеланăç Германири рабочисен забастовкисем çинчен каласа панă.

Юлашкинчен Беллер пĕтĕм Германири ĕççыннисене пĕрлĕхлĕ пулма чĕннĕ, мĕншĕн тесен, çак пĕрлĕх кăна Американа Германи империалисчĕсен планĕсене путлантарса лартма пултарать.

Кун хыççăн Мария Вентурини фашизма хирĕç кĕрешекенсен, фашизмран асап курнă çынсен, пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн генеральнăй секретарĕн Андре Леруа сăмахне вуласа панă. Андре Леруа хальхи вăхăтра конгресра çук.

Каçхи ларура çавăн пекех Хесе Орфелио Монтерроса (Сальвадор), Родольфо Кинтеро (Венесуэла), Фердинант Смит (Ямайка), Трей Фалк (Швеци), Проманик (Инди) тухса каланă.

ВЕНА, октябрĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ паян ирхине пулнă лару пуçламăшĕнче Алжирти профсоюзсен представителĕсем сĕннипе Франци колонизаторĕсен Мароккăри ĕçĕсене хирĕç протест йышăннă.

«Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ йышăннипе пухнă Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен виççĕмĕш конгресне килнĕ 79 çĕршыври ĕççыннисен представителĕсем,—тенĕ çак документра, — Франци правительстви Мароккăра, ООН сĕннине, тĕнчери килĕшӳсене, ООН Уставне пăсса, вăйпа усă курнине хирĕç протестлеççĕ. Вăйпа усă курса, Франци правительстви Мароккăра пиншер патриотсемпе профсоюз деятелĕсене тĕрмене хупса лартнă, вĕсенчен çĕршер çынна вĕлернĕ».

Конгресс Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕнчен тĕрмесене хупса лартнă патриотсене халех ирĕке кăларма, «чрезвычайнăй мерăсене» пурне те пăрахăçа кăларма, çĕршывран кăларса янă çынсене пурне те каялла тавăрма, демократиллĕ ирĕклĕхсемпе профсоюзсен ирĕклĕхне хисеплеме, халăхăн чăн-чăн представителĕсемпе калаçусем пуçласа яма Франци правительствине хушма ыйтнă. Çакăн пек туни кăна марокканецсен нацилле ыйтăвĕсене халăхсен самоопределени прави тăрăх пурнăçлама май парать.

Кун хыççăн Ди Витторио докладне малалла сӳтсе явнă.

Тринидадри ĕççынни хĕрарăмĕсен представительници Перл Бранш Англи влаçĕсем Британи Гвианинче киревсĕр ĕçсем тунине хирĕç хытă протестленĕ.

Испанири рабочисен союзĕн исполкомĕн членĕ Амаро Дель Росаль Испанири ĕççыннисем Франкон фашизмла режимне хирĕç кĕрешни çинчен, Испанире забастовкăсем вăйланса пыни çинчен, ĕççынни массисем пĕрлешсе кĕрешме тăрăшни çинчен каласа панă.

Совет профсоюзĕсен представителĕ Л. Соловьев ĕççыннисен социальнăй тата экономикăлла прависемшĕн тата нацин никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешес ĕçре Ди Витторио панă сĕнӳсем пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртнă.

ССР Союзĕнчи ĕççыннисем, тенĕ вăл, социально-экономикăлла правасемшĕн, демократиллĕ ирĕклĕхсемшĕн, нацин никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешес ĕçре капитализмла тата колонилле çĕршывсенчи ĕççыннисемпе яланах пĕр шухăшлă пулнă.

Пир-авăрпа çĕвĕ промышленноçĕнчи ĕççыннисен пĕтĕм тĕнчери пĕрлешĕвĕн (Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн производствăлла пайĕ) председателĕ Тереза Ноче (Итали) сăмах илет.

Вăл Италире, Францире, Голландире, Бразилире, Кăнтăр Африкăра, Хĕвеланăç Германире тата ытти капитализмла çĕршывсенче пулса иртекен забастовкăсенче пир-авăр промышленноçĕнчи рабочисен пĕрлĕхĕ вăйланса пыни çинчен калать.

Копенгагенри булочниксен профсоюзĕн председателĕ Ильмета Линдегард тухса каланă хыççăн, делегат Морено (Мексика) октябрĕн 14-мĕшĕнче каç пулнă тĕле конгресс ячĕпе 1.040 саламлă çырусемпе телеграммăсем килсе çитни çинчен пĕлтернĕ. Вĕсем мĕнпур çĕршывсенчи ĕççынсем конгресс ĕçĕпе интересленни çинчен калаççĕ.

Алжирти ĕççыннисен представителĕ Денашую Маруэ сăмах илет. Вăл Мароккăри ĕççыннисен йывăр пурнăçĕ çинчен, ĕçсĕрлĕх ӳсни çинчен, социальнăй страховани çукки çинчен, террор тата репресси вăйланса пыни çинчен калать.

Анчах та, тенĕ Маруэ, террорпа репрессисене пăхмасăр Мароккăра профсоюз юхăмĕ вăйланса пырать. Çакă вăл Франци колонизаторĕсемпе вĕсем уйăрса лартнă çынсене питех те пăшăрхантарать. Вĕрем рабочисен юхăмне вăйпа путарса лартма тăрăшаççĕ.

Рейкьявикри фабрикăсенче ĕçлекен рабочисен профсоюзĕн председателĕ Б. Бьярнассон конгреса Исландири ĕççыннисен ячĕпе саламланă.

Бьярнассон çапла пĕлтернĕ: Исландири ĕççыннисем кăçал хăйсен правительствине Совет Союзĕпе суту-илӳ килĕшĕвĕ тума хĕтĕртрĕç. Çак килĕшӳ Исландишĕн питех те усăллă. Исландире пурăнакан халăх йышĕ пысăк мар. Апла пулсан та эпир ытти капитализмла çĕршывсенчи пиччемĕрсемпе аппамăрсем туса пыракан кĕрешĕвех туса пыратпăр. Исланди халăхĕ Америка оккупанчĕсене хирĕç кĕрешни вăл пĕтĕм тĕнчери рабочи класс миршĕн кĕрешнин пĕр пайĕ пулса тăрать. Реакциллĕ вăйсем пирĕн профсоюз центрне Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕнчен вăхăтлăха уйăрса яма пултарчĕç пулсан та, Исландири ĕççыннисем часах çак пĕтĕм тĕнчери организацие каялла кĕмелле тума пултарĕç.

Доминикан республикинчи рабочи класăн представителĕ Рауль Дуран çапла каланă: республикăри ĕççыннисем хăйсен правительстви США-па тунă çар килĕшĕвне хирĕç паттăррăн кĕрешеççĕ. Çак килĕшĕве пула çĕршыв территорийĕ Америкăн çар бази пулса тăнă.

Голландири ĕççыннисен представителĕ çапла каланă: мана конгреса хамăр ĕçлекен предприятири рабочисем хăйсем суйласа ячĕç, мĕншĕн тесен, пирĕн профсоюз руководстви çак конгреса хирĕçле позици йышăнать. Пурте пĕлеççĕ ĕнтĕ, 1949 çулта Голландири профсоюзсен пĕрлешĕвĕ Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕнчен тухасси çинчен решени йышăнчĕ. Голландири ĕççыннисен кĕрешĕвне ытти çĕршывсенчи рабочи класăн кĕрешĕвĕпе танлаштарсан, тенĕ Голланди представителĕ, эпĕ çакна курса ĕнентĕм: Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацине кĕмен ĕççыннисен шухăшĕ çак организацие сывăх тăрать.

Германири ĕççыннисен делегацийĕн представителĕ Рудольф Детер хăйĕн сăмахĕнче июнĕн 17-мĕшĕнче пулса иртнĕ фашистла провокацие тăрă шыв çине кăларнă.

Демократиллĕ Германи Республики тытса пыракан çĕнĕ политика, тенĕ Детер, Демократиллĕ Германи Республикинчи ĕççыннисен пурнăçне малалла лайăхлатма пулăшать, нимĕçсене пĕр-пĕрне ăнланма лайăхрах условисем туса парать.

Германири профсоюзсен пĕрлĕхлĕ делегацийĕ конгресăн Хĕвеланăç Германири ĕççыннисене фашистла реакци тапăнса пынине хирĕç кĕрешме пулăшас пулать тесе СССР представителĕ Н. М. Шверник панă сĕнĕве ырлать.

Ирхи ларура юлашкинчен Мадагаскарти профсоюзсен делегачĕ Этьен Рандриамахазо тухса каланă. Вăл Мадагаскарти халăх массисен ячĕпе политика ĕçĕсем пирки тĕрмере ларакансене, вăл шутра 1947 çулта Мадагаскарта пулса иртнĕ ĕçсем пирки арестленĕ профсоюз руководителĕсене те, ирĕке кăлармалла тăвассишĕн кĕрешме конгреса чĕнсе каланă.

# Хăрушсăрлăх Советĕнче

НЬЮ-ЙОРК, октябрĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Октябрĕн 15-мĕшĕнче СССР делегацийĕ ыйтнипе Хăрушсăрлăх Совечĕн ларăвне пухнă. Кун йĕркинче çакăн пек ыйту тăрать: «Ирĕклĕ Триест Территорийĕн губернаторне уйăрса лартасси çинчен. Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн яланхи представителĕ 1953 çулхи октябрĕн 12-мĕшĕнче Хăрушсăрлăх Совечĕн председателĕ патне янă çыру».

Çак çырупа пĕрле Хăрушсăрлăх Советне Ирĕклĕ Триест Территорийĕн губернаторне уйăрса лартасси çинчен СССР делегацийĕн резолюци проектне ярса панă.

Совет ларăвне уçнă чухне унăн председателĕ Дани представителĕ Борберг Совет членĕсене кун йĕрки тăрăх тухса каланă чухне пăхса тухакан ыйтăвăн процедури пирки, уйрăммăн илсен, кун йĕркине çирĕплетесси çинчен кăна каламалла чĕннĕ.

США представителĕ Лодж малтан сăмах илнĕ. Вăл председатель чĕнсе каланине шута илмен. Вăл нимĕн именсе тămасăр совет делегацийĕн çырăвĕпе СССР резолюци проектне критиклеме тытăннă. Çав вăхăтрах вăл ыйтуран инçете пăрăнса кайнă, Корея çинчен тăракан ыйтăва та асăнса илнĕ. Ку ыйту, паллах, Ирĕклĕ Триест Территорийĕн губернаторне уйăрса лартассипе нихăш енчен те çыхăнса тăмасть.

США делегачĕ çапла каланă: «Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе Англи Триест пирки йышăннă решени Европăн çакă питех те кирлĕ пайĕнче çирĕп йĕрке туса хума тăрăшни тата питĕ çивĕччĕн тăракан ыйтăва çирĕппĕн татса пама тăрăшни» пулать, тенĕ. Вăл Совет Союзĕ Ирĕклĕ Триест Территорийĕн губернаторне уйăрса лартасси çинчен калакан сĕнĕве сӳтсе явма тăратнине тата çак ыйту тăрăх СССР делегацийĕ тăратнă резолюци проектне «трюк», «пропаганда хатĕрĕ» пулать тесе каланă. Лодж Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе Англи Триест районĕнчен Америкăпа Англин çар тата тинĕс-çар бази туса хунине туннă, çавăн пекех нумаях пулмасть Ирĕклĕ Триест Территорине пайласси çинчен решени йышăннипе çак районта хăйсем миршĕн тата хăрушсăрлăхшăн туса хунă хăрушлăха йышăнман. Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе Англи Триест районĕнчен çар бази туса хунă тесе Совет Союзĕ малтанхи хут пĕлтерет, теме пăхнă вăл. Тата та ытларах, Лодж каланă тăрăх, Совет правительстви тавлашуллă ыйтусене мирлĕ майпа татса пама май пулни çинчен каланипе СССР делегацийĕ Ирĕклĕ Триест Территорийĕн губернаторне уйăрса лартасси çинчен Хăрушсăрлăх Советне ыйту тăратни пĕр-пĕрне хирĕç пыракан ĕçсем пулаççĕ имĕш. США представителĕ хăйĕн сăмахĕн вĕçĕнче хăй «ыйтăва кун йĕркине кĕртессине хирĕç пулманни» çинчен каланă.

США представительне ответлесе, А. Я. Вышинский çакăн çинчен астутарнă: Лодж хăйĕн сăмахĕнче процедура ыйтăвне сӳтсе явассинчен айккинелле пăрăннă. СССР представителĕ çакна палăртнă: Триест çинчен тăракан ыйтăва Совет кун йĕркине кĕртесси çинчен каласа, Лодж йăнăш тăвать. Халĕ Совет умĕнче ун пек задача тăмасть, Триест çинчен тăракан ыйту Хăрушсăрлăх Совечĕн кун йĕркинче темиçе çул хушши шутланать ĕнтĕ. Кунта сăмах пурĕ те çак ыйтăва паянхи ларура сӳтсе явасси çинчен кăна пырать. Лодж çапла каланă пулнă: США-па Англи правительствисем Ирĕклĕ Триест Территорийĕн «А» зонине Итали аллине парасси çинчен йышăннă решени Европăн çак пайĕнче мир туса хурас тĕллев тытать. Çавăн пек калани вырăнсăр пулнине Вышинский хăйĕн сăмахĕнче кăтартса панă. Тĕллевсем урăхла пулнă, тенĕ Вышинский. Вĕсем çинчен СССР тăратнă резолюци проектĕнче кĕскен каланă. Тепĕр енчен, хальхи вăхăтра Югославире пулса иртекен ĕçсем çакна кăтартса параççĕ: тĕрĕссине илсен, США-па Англи йышăннă решенисем политикăлла лару-тăрăва ытларах вăйлатса çитерчĕç. Çак лару-тăру Европăн çак районĕнчи мирпе хăрушсăрлăх ĕçĕшĕн пысăк хăрушлăх пулса тăрать.

СССР резолюцийĕ пропагандистла тĕллев тытать, тесе каланă пулнă Лодж. Вышинский ку сăмахсем те çавăн пекех вырăнсăр пулнине кăтартса панă. Ытти нумай çĕршывсемпе пĕрле США-па Англи те алă пуснă мирлĕ договора США-па Англи пăснинчен хӳтĕлеснине пропаганда тесе шутлама çук. Ĕçсем Лодж каланă пек пулманнине, Триестран законсăр йĕркепе США-па Англи çар бази туса хуни çинчен СССР тахçанах ĕнтĕ тата пĕр хут кăна мар кăтартса панине Вышинский документсемпе çирĕплетсе панă. Лодж господина хăйĕн советникĕсем юрăхсăр справкăсем хатĕрлесе пaраççĕ, тенĕ Вышинский (залра кулаççĕ). Вышинский малалла çапла каланă: Лодж господин, темĕнле «трюк» çинчен каласа, çакăн пек каланине дипломатиллĕ чи лайăх ĕç пулать, тесе шутлать пулмалла. Вăл темĕнле «трюксем» çинчен калать. Тĕрĕссипе ĕç пурĕ те Пĕрлешӳллĕ Штатсем те алă пуснă договора хӳтĕлесси çинчен кăна пырать. Халĕ вĕсем, тĕнчери правăн тĕп принципне—«договорсене пурнăçламалла» текен принципа пăсса, çак договора пăрахăçа кăларчĕç.

«Пире çапла калаççĕ,— тенĕ Вышинский,— эпир панă сĕнӳ СССР Министрĕсен Совечĕн председателĕ Г. М. Маленков пĕр-пĕринпе мирлĕн пурăнасси çинчен каланине хирĕç пырать, теççĕ. Пачах тепĕр майлă. Эпир шăпах та ытти государствăсемпе мирлĕн пурăнасшăн пулнăран тата çак çул çинче тĕл пулма пултаракан мĕнпур чăрмавсене сирсе ярасшăн пулнăран Триест çинчен тăракан ыйтăва сӳтсе явма сĕнетпĕр. Анчах кам çакна хирĕç калама пултартăр-ха: пысăк чăрмавсенчен пĕри вăл халĕ Триест районĕнче пулса тăнă ĕçсем пулма пултараççĕ тата пулаççĕ те».

Вышинский тухса каланă хыççăн Совет, пурте пĕр саслă пулнипе, кун йĕркине çирĕплетнĕ.

Кун хыççăн сӳтсе явакан ыйту тăрăх калама СССР представительне сăмах панă.

Хăрушсăрлăх Совечĕн çитес ларăвĕ октябрĕн 20-мĕшĕнче пулать.

# Студентсен практики

Сентябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа чăваш педагогика институтĕнчи IV-мĕш курсра вĕренекен 200 ытла студент Шупашкарти тата Кӳкесри вăтам шкулсенче практикăра пулчĕç. Практика вăхăтĕнче студентсем уроксем ирттерме, класс тулашĕнчи ĕçсене туса пыма хăнăхрĕç.

Арçын ачасен 4-мĕш вăтам шкулĕнче физикăпа математика факультетĕнче вĕренекен студент-практикантсем темиçе хутчен диафильмсем кăтартнă. вĕрентӳпе воспитани ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе калаçусем ирттернĕ.

Çак шкултах пулас историксем те нумай ĕçсем тунă Студентсем хăйсем тĕллĕн уроксем ирттернĕ.

Историпе филологи факультетĕнчи студентсем хĕрачасен 5-мĕш вăтам шкулĕнче «XIX-мĕш ĕмĕрĕн иккĕмĕш пайĕнче пурăннă художник-передвижниксем» ятлă интереслă вечер ирттернĕ. Естествознани факультетĕнчи студентсем хĕрачасен 1-мĕш вăтам шкулĕнче политехникăллă вĕренĕве сарас тĕлĕшпе нумай ĕçленĕ.

В. ШАЛТАЙКИН.

## Муркаш районĕнче

✦ Çĕнĕ шкул. Вăрманкассинчи пуçламăш шкул валли тăватă класс вырнаçмалăх çĕнĕ çурт туса пĕтерчĕ.

✦ Учительсен çурчĕ. Чуманкассинчи çичĕ çул вĕренмелли шкулта учительсем валли икĕ хваттерлĕ çĕнĕ çурт туса лартнă.

✦ Çĕнĕ чайнăй. Район центрĕнче чайнăй валли çĕнĕ çурт туса пĕтернĕ. Унта пĕр вăхăтрах 50 çын апатланма пултарать.

✦ Культура çурчĕ. Район центрĕнче Культура çурчĕ тăваççĕ. Унта 150 çын ытла лармалăх зал пулать.

С. ИВАНОВ.

## ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ ÇĔНĔ СЕЗОН ПУÇЛАНЧĔ

Ĕнер каçхине Чăваш Государство Академи театрĕнче çĕнĕ сезон пуçланчĕ. Малтанхи кун театр коллективĕ В. Ржанов çырнă «Энтип» пьесăна лартса пачĕ.

Пьесăна Чăваш АССР искусствисен тава тивĕçлĕ деятелĕ Б. И. Иванов лартма хатĕрленĕ. Режиссерĕ РСФСР тава тивĕçлĕ артисчĕ, ЧАССР халăх артисчĕ Б. А. Алексеев.

Спектакль курма пыракансем нумай пулчĕç.

Театр коллективĕ кăçал иртнĕ сезонсенче кăтартнă пьесăсене чылай лайăхлатса кăтартать. Çавăн пек спектакльсен шутне И. Максимов-Кошкинский «Константин Иванов» ятлă пьеси, А. Орлов-Шуçăмпа И. Максимов-Кошкинский çырнă «Çĕмĕрт çеçки çурăлсан» музыкăлла комеди кĕрессĕ.

Иртнĕ сезонти репертуартан Ф. Павловăн «Ялта», А. Кăлканпа В. Алагерăн «Нарспи», П. Осиповăн «Айдар», А. Эсхелĕн «Виçĕ туй», Н. Гоголĕн «Ревизор», Г. Мухтаровăн «Çемье чысĕ», Н. Дьяконовăн «Парнеллĕ туй» тата ытти пьесăсем те пур.

Чăваш театрĕн коллективĕ çĕнĕ пьесăсене лартма хатĕрленет. Çитес кунсенче Л. Родионовăн «Юратнă хĕр» тата К. Мюфке çырнă «Аслати çулĕпе» пьесăсене кăтартма хатĕрленĕ.

## Атăл çинче

Шупашкар тĕлĕнче Атăл шывĕ хушăнсах пырать. Иртнĕ эрне хушшинче 57 сантиметр, кăçал кĕркунне. сентябрĕн 3-мĕшĕнчен пуçласа, пурĕ 403 сантиметр хушăннă.

Ĕнер ирхине 8 сехет тĕлне шывра 6,3 градус, сывлăшра 4,8 градус ăшă пулнă.

Редакторшăн Ф. А. АЛЕКСАНДРОВ.

# Корейăри перемири пирки

ПЕКИН, октябрĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, перемири тĕлĕшпе ĕçлекен çар комиссинчи Корейăпа Китайăн делегацийĕ ĕнер пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă: Корейăпа Китай представителĕсем октябрĕн 15-мĕшĕнчен тытăнса Корейăпа Китайăн тӳрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисем хушшинче ăнлантару ĕçĕсем тума пуçлаççĕ. Американецсем ăнлантару ĕçĕсем ирттерме кирлĕ çуртсем туса лартассине юри тăсса пынă пирки ăнлантару ĕçĕсем тума çирĕм кун кая юлса тытăннă.

Пĕлтерӳре репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен нейтральнăй комисси компетенцийĕ çинчен йышăннă килĕшĕве американецсем темиçе хутчен те пăснине кăтартнă.

«Американецсем,— тенĕ пĕлтерӳре, — ăнлантару ĕçĕсем пуçланассине чарса тăнă. Ăнлантару ĕçĕсем тумалли 90 кунлăх срока чакарма хăтланса, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен нейтральнăй комисси ăнлантару ĕçĕсем ирттермелли срока тивĕçлĕ тарана тăсасси çинчен сентябрĕн 24-мĕшĕнче тата октябрĕн 3-мĕшĕнче йышăннă решение шута илмесĕр тăнă. 90 кунлăх срока репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен нейтральнăй комисси компетенцийĕ çинчен йышăннă килĕшӳ условийĕсенче палăртса хунă.

Корейăпа Китай енĕ, тенĕ пĕлтерӳре, çапла шутлаççĕ: ăнлантару ĕçĕсем пуçланасси тăсăлса пынăшăн пĕтĕмпех американецсем ответлă пулаççĕ. Ăнлантару ĕçĕсем ирттермелли срока, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен нейтральнăй комисси йышăннă тăрăх, тивĕçлĕ вăхăта тăсмалла».

# Польшăпа совет халăхĕсем хушшинчи тăванлăхпа туслăх

**Совет çар карапĕсем Гдыня портĕнче пулнă май**

ГДЫНЯ, октябрĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Польшăпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх уявне ирттернĕ тата Польша халăх çарне туса хунăранпа 10 çул тултарнă май Польша Халăх Республикине пырса çитнĕ совет çар морякĕсене Польшăри ĕççыннисем чĕререн хисеплесе йышăнаççĕ. Гданьск, Гдыня, Сопот урамĕсемпе площачĕсенче вырăсла тата полякла: «Салам хаклă хăнасене—Совет Союзĕн геройла Тинĕс-Çар Флочĕн морякĕсене!» тесе çырнă лозунгсем курăнса тăраççĕ.

Ĕнер совет морякĕсем патĕнче Польша тинĕс-çар флочĕн матросĕсемпе офицерĕсем 500 çын ытла хăнара пулнă. Вĕсем совет морякĕсен пурнăçĕпе тата йăлисемпе паллашнă, кубриксене пăхса тухнă, кинокартинăсем курнă.

Каçхине Гданьск хула театрĕнче совет морякĕсем Польшăри ĕççыннисемпе тĕл пулнă. Хăнасене Гданьск хулин халăх радин председателĕ В. Герага саламланă. «Совет Союзĕн мухтавлă Тинĕс-Çар Флочĕн çар карапĕсем килни,—тенĕ вăл,—Польшăпа Совет халăхĕсем хушшинчи тăванлăхпа туслăха кăтартни, пирĕн халăхсем миршĕн тăрăшнине кăтартни пулать».

«Эпир социализмла аслă государствăпа туслă тата союзлă пулнăшăн савăнатпăр,—тенĕ малалла Герага.—Эпир пирĕн халăха гитлерла оккупантсен пусмăрĕнчен хăтарнăшăн, Польшăна хăйĕн авалхи çĕрĕсене каялла тавăрса панăшăн, хамăр çĕршывра социализм тăвас ĕçре пысăк пулăшу парса тăнăшăн совет халăхне, Совет Çарне тата Тинĕс-Çар Флотне тав тăватпăр».

Контр-адмирал А. Я. Пышкин ответлă сăмах каланă.

Октябрĕн 15-мĕшĕнче çĕрле совет морякĕсен пĕр ушкăнĕ крейсер командирĕпе—пĕрремĕш рангри капитан Д. К. Ярошевичпа пĕрле—Варшавăна тухса кайнă. Варшавăра совет морякĕсем промышленность предприятийĕсемпе стройкăсенче пулаççĕ, ĕççыннисемпе тĕл пулаççĕ, столицăри строительство ĕçĕсемпе паллашаççĕ.

Октябрĕн 16-мĕшĕнче совет морякĕсем Гданьск судоверфĕнчи рабочисемпе, Гдынири Париж Коммуни ячĕпе тăракан судоверфьри рабочисемпе, Гданьск хулинчи политехника институтĕнчи студентсемпе, Польшăпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществин активисчĕсемпе тата Польшăри çамрăксен союзĕн членĕсемпе тĕл пулнă. Çак тĕлпулусем Польша халăхĕпе Совет Союзĕн халăхĕ хушшинчи туслăх çирĕп пулнине кăтартса параççĕ.

## БРИТАНИ ГВИАНИНЧИ ЛАРУ-ТĂРУ

ПАРИЖ, октябрĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ пĕлтерни тăрăх, Британи Гвиани столицинче—Джорджтаунра, влаçсем чарнине пăхмасăр, вăйлă демонстраци пулса иртнĕ. Демонстрацие халăхăн прогрессивлă партийĕ организациленĕ пулнă. Полици демонстрацие салатса янă.

# Бельги парламентĕнче

БРЮССЕЛЬ, октябрĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Бельги правительстви 1831 çулта йышăннă конституцие улăштарасси çинчен парламента закон проекчĕ тăратнă. Правительство конституцие «Европа çарĕ» текенскерне туса хурасси çинчен хатĕрленĕ килĕшĕве парламента йышăнтармалла тăвас шутпа улăштарма шутлать. Асăннă договора йышăнас пулсан, Бельги государствин суверённăй прависен пĕр пайне влаçăн «Европа органĕсем» тенĕскерĕсен аллине памалла пулать. «Европа органĕсене» «Европа çарĕ» тенĕскерне туса хунипе пĕр вăхăтра тăваççĕ.

Закон проектне сӳтсе явнă чухне депутатсен палатинчи коммунистсен ушкăнĕ ячĕпе Жан Терф тухса каланă. Вăл правительство проектне хытă критикленĕ. Конституцие тепĕр хут пăхса тухассине татăклăн хирĕç пулса, Терф çапла каланă: эпир çапла тунипе Бельги халăхĕн ытларахăшĕн шухăшне палăртатпăр тесе шутлатпăр.

Бельгири прогрессивлă деятельсенчен пĕри — Изабелла Блюм депутат правительство конституцие сĕнĕрен пăхса тухма тăратнă сĕнĕве хирĕç татăклă протест панă. Вăл çапла каланă: конституцие çакăн пек улăштарни граждансен ирĕклĕхĕпе прависене хирĕç пырать, Бельгин наци никама пăхăнманлăхĕпе суверенитетне пĕтерсе хурать. «Европăри оборона пĕрлешĕвне» туса хурасси çинчен калакан договора йышăнтарас тесе, пирĕн конституцие улшăнусем кĕртме сĕнеççĕ. Анчах çак договор пирĕншĕн пысăк хăрушлăх пулса тăрать.

Октябрĕн 14-мĕшĕнче правительство конституцин 25-мĕш статьине улăштарасси çинчен панă сĕнĕве сасăлама тăратнă. Çак сĕнӳ тăрăх, нацин суверённăй прависен пĕр пайне «Европăри оборона обществи» текен çар блокĕн ертсе пыракан органĕ аллине памалла пулать. Католиксен ытларахăшĕ, сылтăм социалистсемпе либералсен пĕр пайĕ пулăшнипе, правительство сĕнĕвне ырланă. Коммунистсем тата ытти чылай депутатсем правительство сĕнĕвне хирĕç сасăланă.

Правительство сĕнĕвĕшĕн 136 сасă, ăна хирĕç—33 сасă пулнă. 18 депутат нихăш майлă та сасăламан.

## И. В. Сталин сочиненийĕсен 13-мĕш томне словак чĕлхипе пичетлесе кăларнă

ПРАГА, октябрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Словакири политикăлла литература издательстви И. В. Сталин Сочиненийĕсен 13-мĕш томне словак чĕлхипе пичетлесе кăларнă.

## ИСЛАНДИПЕ СОВЕТ СОЮЗĔ ХУШШИНЧИ КУЛЬТУРĂЛЛĂ ÇЫХĂНУСЕН ОБЩЕСТВИН КОНГРЕСĔ

КОПЕНГАГЕН, октябрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Исланди столицинче Рейкьявикра октябрĕн 13-мĕшĕнче Исландипе СССР хушшинчи культурăллă çыхăнусен обществин виççĕмĕш конгресĕ уçăлнă.

Обществăн генеральнăй секретарĕ Кристин Андерссон писатель конгреса уçса сăмах каланă. Совет Союзĕ, тенĕ Андерссон, вăрçăсене сирсе ярас тата пĕтĕм тĕнчере мире сыхласа хăварас тĕллевпе мир политикине çирĕппĕн тытса пырать. Вăл мир ĕçĕшĕн Исланди халăхĕпе совет халăхĕ хушшинчи туслă тата культурăллă çыхăнусене тĕреклетме чĕннĕ.

Исландие совет культурипе искусстви деятелĕсен делегацийĕ пырса çитнĕ. Конгресс делегаци руководительне Мясников профессора ăшшăн кĕтсе илнĕ. Вăл конгресра саламлă сăмах тухса каланă.

## ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ

Октябрĕн 18-мĕшĕнче

«ÇЕМЬЕ ЧЫСĔ».

Октябрĕн 20-мĕшĕнче

«ВИÇĔ ТУЙ»

Спектакльсем каçхине 7 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ. Касса кăнтăрла иртсен 4 сехетре уçăлать.

## КИНО

«УДАРНИК»—октябрĕн 18-мĕшĕнче кăнтăрлахи сеанссенче (14 сехет те 15 минутра тата 16 сехет те 15 минутра) илемлĕ фильм—«Алеша Птицын вырабатывает характер».



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 09604 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2325. Тираж 20.000 экз.